ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

ВКП(б) Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1952 çул Май 30 ЭРНЕКУН № 106 (8758)

Хакĕ 20 пус. 35-мĕш çул тухать.

## Паянхи номерте:



## Производство планне кашни предприяти срокчен тата ирттерсе тултартăр

Ленин—Сталин партийĕ ертсе пынипе совет халăхĕ экономикăпа культура аталанăвĕнче пысăк çитĕнӳсем тăвать.

Вăрçă хыççăнхи сталинла пилĕк çуллăх плана ăнăçлă тултарни, çавăн пекех 1951 çулхи халăх хуçалăх планне тата 1952 çулăн пĕрремĕш квартал планне тултарса çĕнĕ çитĕнӳсем туни пирĕн çĕршыври ĕçсыннисен иксĕлми вăй-хăватне кăтартса парать.

Совет çыннисем пысăк çĕкленӳпе коммунизм строительствин аслă программине пурнăçлаççĕ, пысăк гидроэлектростанцисем, каналсем, çĕре шăвармалли системăсем тăваççĕ, сутçанталăка улăштарса çĕнетеççĕ. Çĕршывра çĕнĕ хуласем, фабрикăсемпе заводсем ӳссе çитĕнеççĕ. Социализмлă экономика вăйланнă никĕс çинче совет çыннисен пурнăçĕ лайăхланса, культури ӳссе пырать.

Чăваш республикинче те совет влаçĕ çулĕсенче çуралса аталаннă социализмлă промышленность, ытти республикăсемпе крайсенчи тата облаçсенчи пекех, пысăк хăвăртлăхсемпе ӳссе пырать. Партипе правительство нациллĕ республикăсемпе облаçсен экономикине вăйлатас тĕлĕшпе нумай вăй хурса ĕçлеççĕ. Кăна эпир хамăр республика промышленноçĕ тăвăллăн аталаннинчен те лайăх куратпăр. Партипе правительство пысăк пулăшу панипе республикăра строительство ĕçĕсем çултан-çул ӳссе пыракан хăвăртлăхсемпе анлăн сарăлаççĕ. Шупашкарта пир-авăр комбиначĕ ӳссе çитĕнет. Çĕнĕ шкулсем, сывлăх учрежденийĕсем, коммунальнăй предприятисем уçăлаççĕ. Рабочисем, инженерсемпе техниксем валли пурăнмалли çуртсем нумай тăваççĕ.

Строительство ĕçĕсем республикăри ытти хуласенче те çавăн пекех вăйлăн сарăлса пыраççĕ. Çакă вăл ĕçсыннисене тивĕçлипе савăнтарать. Промышленность ӳсĕмĕнче совет çыннисем советлă социализмлă обществăпа государство стройĕ капитализм стройĕнчен темиçе хут малта тăнине, темиçе хут вăйлăрах, пурнăçлăрах пулнине кураççĕ.

Чылай предприятисем хăйсен планне тултарса тата ирттерсе тултарса пыраççĕ. Анчах промышленноçпа транспорт, республикăри парти активĕн пухăвĕ палăртнă тăрăх, çаплах çитеlĕксĕр ĕçлет-ха. 1952 çулхи тăватă уйăх хушшинче валовой продукци кăлармалли плана 96,4 процент кăна тултарни çакăн çинчен калать те ĕнтĕ. Уйрăмах вăрман промышленноçĕ, топливо промышленноçĕ, строительство материалĕсем тăвакан промышленность тата промышленноçăн ытти хăшпĕр отраслĕсем çитеlĕксĕр ĕçлеççĕ. Строительство организацийĕсенче çаплах кирлĕ пек йĕрке çук-ха.

Промышленноçпа транспорт ĕçĕнчи пысăк çитменлĕхсем вĕсем, чи малтан, партипе совет организацийĕсен, министерствăсемпе управленисен, ведомствăсен руководителĕсем хăйсен ĕçĕсене тишкерсе хакламаннинчен, ĕçри çитменлĕхсемпе килĕшсе ларнинчен, çитменлĕхсен сăлтавĕсене тупса палăртма тăрăшманнинчен, шалти резервсемпе тата ресурссемпе пĕлсе усă курассишĕн, государство планĕсене тултарассишĕн большевикла пултарулăхпа кĕрешменнинчен килеççĕ. Чылай предприятисенче ĕç тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ, штурм йĕркипе ĕçлессине пĕтермен, оборудованипе тата механизмсемпе çитеlĕксĕр усă кураççĕ, продукцин хăйне ларакан хакĕ пысăк, чĕртаварсем, материалсем, топливо, электроэнерги нормăпа пăхнинчен ытлашши расходлаççĕ, браксем нумай пулаççĕ.

Чылай предприятисенче социализмлă ăмăртăва ку таранччен тивĕçлипе организацилемен. Цехсем, бригадăсем, рабочисем йышăннă социализмлă обязательствăсене пурнăçланине тăтăшах тĕрĕслесе тăни çук.

Промышленноçпа транспортри парти организацийĕсен, хуçалăх руководителĕсен задачи вăл—ĕçри çитменлĕхсене татăклăн пĕтересси, кашни министерство, управлени, ведомство, предприяти тăрăх 1952 çулхи производство планне ăнăçлăн тултарассишĕн тата ирттерсе тултарассишĕн кĕрешесси пулать.

Предприятисен ĕçĕнчи пысăк çитменлĕхсенчен пĕри—пĕр тикĕс ĕçлеменни пулать. Штурм йĕркипе ĕçлени предприятире производство культури тивĕçлĕ вырăнта тăманнине кăтартать. Çавăнпа та парти организацийĕсемпе хуçалăх руководителĕсен парти тахçанах сивленĕ çак юрăхсăр практикăна пĕтерсе пымалла. Предприятисенче çирĕп технологи йĕрки туса хумалла. Кашни цех, участок, бригада, кашни рабочи сменăри тата кулленхи задание тултарса пытăр. Производствăна анлăн та хăюллăн механизацилемелле, пур пек оборудованипе тата механизмсемпе туллин те тухăçлăн усă курмалла.

Коммунизм стройкисем валли строительство материалĕсем, вăл шутра—йывăç нумай кирлĕ. Вăрман промышленноçĕпе топливо промышленность руководителĕсен, парторганизацисен вăрман хатĕрлесе турттарса кăлармалли плана кашни предприяти тăрăх тултарассишĕн, ку ĕçре Тăван çĕршыв паракан пуян техникăпа туллин усă курассишĕн, технологи дисциплинине çирĕплетессишĕн, ĕç организацине лайăхлатассишĕн, производствăллă заданисене тултарассишĕн кĕрешмелле.

Строительство ĕçĕсене хăвăртлатасси çине уйрăмах тимлĕ пăхни кирлĕ. Парти организацийĕсен ку тĕлĕшпе ВКП(б) обкомĕн IX-мĕш пленумĕ «Республикăра капитальнăй строительство планне тултарасси мĕнле пыни çинчен» йышăннă постановленине татăклăн пурнăçламалла. Строительство оргачизацийĕсен кашни стройка тăрăх строительство планне правительство палăртнă сроксенче пурнăçламалла тăвас пулать. Строительствăра механизмсемпе анлăн усă курмалла, техника енĕпе ертсе пырассине лайăхлатмалла, рабочисен ĕçне тĕрĕс организацилемелле, строительство ĕçĕсен пахалăхне ӳстермелле, вĕсен хакне йӳнетмелле.

Строительство материалĕсем хатĕрлекен организацисен те хăйсен ĕçне халиччен-хинчен чылай ытларах лайăхлатмалла. Строительство материалĕсем çитменнипе пĕр стройка та чарăнса тăни пулмалла мар. Çак лозунгпа кĕрешмелле строительство материалĕсем хатĕрлекен организацисенчи рабочисемпе работницăсен, инженерсемпе техниксен.

Транспорт лайăх ĕçлесси пур çĕрте те çирĕп йĕрке туса хунинчен килет. Транспорт работникĕсен тивĕçĕ вăл—грузсем тиесе пушатмалли задание ирттерсе тултарассишĕн, грузсене потребительсем патне вăхăтра çитерессишĕн, локомотивсемпе, вагонсемпе, пăрахутсемпе, баржăсемпе, автомашинăсемпе тухăçлă усă курассишĕн, çул-йĕре лайăх тытса тăрассишĕн, аварисĕр ĕçлессишĕн кĕрешесси пулать.

Пур ĕçе те кадрсем, хăйсен ĕçĕн техникине вĕренсе çитнĕ кадрсем татса параççĕ, тесе вĕрентет И. В. Сталин юлташ. Кадрсене вĕсен ĕçри пултарулăхне кура суйласа илесси, вĕсене ĕçе тĕрĕс вырнаçтарса тухасси, тĕрĕс воспитани парса çитĕнтересси промышленноçпа транспортри парти организацийĕсен пысăк задачи пулать. Ертсе пырас ĕçе практикăлла ĕçре ӳссе çитĕннĕ, ĕçе большевикла организацилеме пултаракан работниксене уйăрса лартмалла. Çав вăхăтрах ĕçе пултарайман, хушнă ĕçе организацилеме пĕлмен работниксене вырăнта тытса тăмалла мар.

Промышленноçпа транспорт предприятийĕсенче партиллĕ-организациллĕ тата партиллĕ-политикăллă ĕçе вăйлатмалла. Хуçалăха политикăран, политикăпа хуçалăхран уйăрма çук. Политикăллă ĕçсене хуçалăхлă ĕçсемпе, хуçалăхлă ĕçсене политикăллă ĕçсемпе тĕрĕс çыхăнтарса пырсан кăна ĕçре пысăк çитĕнӳсем тума пулать. Çавăнпа та парти организацийĕсен çак ĕç çине уйрăмах тимлĕ пăхмалла. Вĕсен хуçалăх организацийĕсен ĕçĕсене тĕрĕслесе тăрассине лайăхлатмалла, производство ĕçĕсене тарăнрах хутшăнмалла, ĕç дисциплинине пăснине, хуçасăрлăха хирĕç татăклăн кĕрешмелле. Парти организацийĕсен пĕтĕм коллектива производство планĕсене срокчен тата пысăк пахалăхпа тултарассишĕн, ĕç тухăçлăхне ӳстерсе пырассишĕн, çĕнĕ техникăпа лайăхрах усă курассишĕн, тирпейлĕхшĕн, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетессишĕн, унăн пахалăхне лайăхлатассишĕн кĕрешме мобилизацилемелле. Çакă вăл предприятисенче социализмлă ăмăртăва нихçанхинчен те ытларах вăйлатма хушать. Чăвашоблпрофсоветпа профсоюз обкомĕсем енчен профсоюзсен вырăнти комитечĕсене ертсе пырассине вăйлатмалла.

1952 çулхи плана срокчен тата пысăк пахалăхпа тултарса, хамăрăн социализмлă Тăван çĕршыв хăватне тата ытларах тĕреклетер!

## Ирхи çĕртме сухине июнĕн 10-мĕшĕччен туса пĕтерер!

### *Трактористсем çĕртме тăваççĕ*

МУРКАШ. Районти чылай колхозсем тĕштырăсемпе пăрçа йышши культурăсене акса пĕтернĕ хыççăнах ирхи çĕртме тума пуçларĕç. Кăçал, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, колхозсем çĕртме сухи тума лайăхрах хатĕрленсе тытăнчĕç. Сталин ячĕпе тăракан, «Свобода», «Знамя коммунизма» артельсем ку тĕлĕшпе уйрăмах лайăх ĕçлеççĕ.

Колхозсене МТС пысăк пулăшу парать. Иванов юлташ ертсе пыракан трактор бригади çураки планне чылай ирттерсе тултарчĕ. Бригадăри трактористсем Григорьев, Алексеев, Васильева юлташсем çĕртме тумалли плана июнĕн 5-мĕшĕ тĕлне тултарассишĕн социализмлă ăмăртăва анлă сарчĕç. Вĕсем сменăри заданине ирттерсе тултараççĕ.

Çĕртме сухи тунипе пĕрлех, колхозсенче удобренисем кăларас ĕç те анлă сарăлса пырать. «Знамя коммунизма» колхозра тислĕк кăларнă çĕрте куллен 30—35 лашапа ĕçлеççĕ.

**П. СЕМЕНОВ.**

### Кантăр акас ĕçе хăвăртлатмалла

СĔНТĔР. Колхозсен укçа-тенкĕ тупăшне ӳстерес ĕçре тухăçлă сӳс-кантăр туса илни пысăк вырăн йышăнать. Анчах çак пахаа та хаклă культурăна хакламанни палăрать. Нумай колхозсем халĕ те кантăр акма тытăнман. Ильинка, Шатракасси, Ахмане, Шашкар ял Совечĕсене кĕрекен колхозсем кантăр акма кирлĕ чухлĕ çĕр çемçетсе хатĕрлемен. «Хлебороб», «Аврора», 1905 çулхи революци ячĕпе тăракан колхозсен халĕ те вăрлăх çитмест.

Кантăр акмалли плана кашни колхозăн тултармалла. Çак техникăллă культурăн тухăçлăхне ӳстермĕ мĕнпур майсемпе тăрăшмалла.

**С. ГОРЛАНОВ.**

### Хĕрлĕ ялав пана

КӲКЕÇ. МТС-ри Ю. Чунаев юлташ ертсе пыракан трактор бригади çуракинче тумалли ĕçсен планне майăн 15-мĕшĕнчех ирттерсе тултарнă, горючипе сĕрмелли япаласем чылай перекетленĕ. «Коммунизм», Куйбышев ячĕпе, Мичурин ячĕпе, Жданов ячĕпе тăракан тата «Гвардеец» колхозсенче бригада тунă пур ĕçсене те лайăх тесе йышăннă.

Чунаев юлташ бригадине лайăх ĕçленĕшĕн МТС-ăн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне панă.

**А. АЛЕКСЕЕВ.**

### Вăйлă тырпулшăн

1951 çулта Суворов ячĕпе тăракан колхоз майăн 1-мĕшĕ тĕлне ака-суха ĕçĕсене пĕтĕмĕшпех туса пĕтерчĕччĕ. Кăçал вăл вăхăт тĕлне çурхи уй-хир ĕçĕсене тума пуçăнма та май килмерĕ. Кунсăр пуçне, пĕлтĕр колхозăн çуртрисем çĕр гектар ытларах анчах акмалла пулнă. Кăçал вара çав лаптăк 468 гектар ытларах.

Колхозри парторганизацишĕн, артель правленийĕшĕн кăçалхи çураки пысăк экзамен пулса тăчĕ. Малтанхи кунсенче пирĕн колхоз районти ытти колхозсенчен юлса пыни палăратчĕ. Çакăн çинчен ВКП(б) райкомĕ ятарласа сӳтсе яврĕ, çураки ĕçĕсене майăн 20-мĕшĕнче туса пĕтерме хушрĕ.

Кун хыççăн парторганизципе правлени ĕç вăйĕпе, машинăсемпе усă курассине лайăхлатрĕç, тракторсем çĕрĕн-кунĕн ĕçлерĕç, туртăм вăйĕпе усă курасси те лайăхланчĕ. Çапла вара, майăн 20-мĕшĕ тĕлне тырпул акса пĕтертĕмĕр.

Çураки пынă вăхăтра парторганизципе колхоз правленийĕ ытти ĕçсене те манса хăвармарĕç. Колхозăн обществăллă выльăх-чĕрлĕх шучĕ ӳссех пырать. Ăна пăхса усрама çурт-йĕрсем çителĕклĕ тумалла. Выльăхсене çулла хупса усрама вырăн çитменнине шута илсе, пĕр сарай тумалла пулчĕ. Ăна строительство бригади хăвăрт туса пачĕ. Кайăк-кĕшĕк ферми валли тăмран вите тума тытăнатпăр.

Колхоз иртнĕ çулта пурçăн хурчĕсем ĕрчетес ĕçе пуçарса ячĕ. Кăçал çак ĕçе, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, виçĕ хут вăйлатмалла. Халĕ пурçăн хурчĕ ĕрчетме кирлĕ хатĕрсем нумай хатĕрлетпĕр.

Çураки ĕçĕсене туса пĕтернĕ хыççăн парторганизацине правлени умне тепĕр ответлă задача тухса тăрать. Пирĕн, колхозниксен, тырпула, тымарçимĕçсене, уй-хире акнă куракĕсене лайăх пăхса çитĕнтермелле. Кĕскен каласан, вăйлă тырпул туса илме мĕн кирлине пĕтĕмпех тумалла. Çак кунсенче парторганизаци пухăвĕ пулса иртрĕ. Пуху коммунистсене республикăри ял ĕçченĕсем Сталин юлташ патне янă çырури обязательствăсем çинчен колхозниксене тăтăшах аса илтерсе тăма хушса хăварчĕ.

Колхоз хирĕсенче чун-чĕрене савăнтаракан çуртри калчисем шăтса тухрĕç, вĕсем вăйлă çитĕнеççĕ.

**П. БИРЮКОВ,**
**Суворов ячĕпе тăракан колхозри партбюро секретарĕ.**

**Сĕнтĕр районĕ.**

### Удобрени кăларма тăрăшмаççĕ

КУСЛАВККА. Кĕрхи тырăсен тухăçлăхне ӳстерессине, чи малтан, ирхи çĕртмене вăхăтра сухаласа хăварни татса парать. Кăçал районти колхозсенче 6.100 гектар çĕртме тумалла.

Механизаторсем çĕртме сухине партипе правительство кăтартнă срокра туса пĕтерме тăрăшаççĕ. 5-мĕш бригада «Победа» колхозра 50 гектар сухаланă. Çак бригадăри Н. Бугреевпа А. Петров трактористсем, икĕ сменăпа ĕçлесе, хăйсен нормисене 130-шар процент тултараççĕ.

Çавăн пекех П. Мартыновпа Д. Бычков трактористсем «Красная Волга» колхозра, Н. Ларионовпа В. Казаков юлташсем «Динамо» колхозра çĕртме сухинче нормăран чылай ирттерсе ĕçлеççĕ.

Хăшпĕр колхозсем, механизаторсене тухăçлă ĕçлеме условисем туса парас вырăнне, хăйсем чăрмантарса тăраççĕ. «Красная Чувашия» колхоз председателĕ Мосолов юлташ, «çĕртме тума ĕлкĕрĕпĕр-ха» тесе, тракторсене çĕртме пуссине куçарма ирĕк паман. Çавна пула 10-мĕш бригадăри икĕ трактор виçĕ кун хушши ĕççĕр ларнă. «Новый путь» колхозра тракторсем патне вăхăтра шыв кӳрсе пыманнипе трактористсен ĕçне нумай чăрмантарнă.

Çĕртме пуссине удобренисем кăлармасан, кĕрхи тырăсен тухăçлăхне ӳстересси çинчен шӳтлама та хĕн. Хĕллехи агротехника ĕçĕсен планне район çурри те тултарман. Çакă вăл уя тислĕк кăларас ĕçе халĕ пур майсемпе те хăвăртлатма хушать. Анчах чылай колхозсенче кĕрхи тыра акмалли уйсене тислĕк тăкмасăрах сухалаççĕ.

Ленин ячĕпе тăракан колхозри бригадăсем уя пĕр лав тислĕк те кăларман. Темиçе çулхи тислĕк çĕрсе усăсăр пĕтни кунта никама та пăшăрхантармасть. Молотов ячĕпе тăракан, «Алга», «Искра» колхозсенче те тислĕке ахаль сая яраççĕ. Киров ячĕпе тăракан колхозра тислĕке уя кăларас вырăнне... çырмана тăкнă.

Чылай колхозсенче тислĕк усăсăр выртнине районти ялхуçалăх специалисчĕсем кураççĕ, анчах ăна уя кăларттарма тăрăшмаççĕ. Ялхуçалăх пайĕн главнăй агрономĕ А. Храмков юлташ «хĕлле кăларайманнине халĕ, çураки ĕçĕсем тăсăлнă кунсенче, турттарса ĕлкĕрме пушшех йывăр», тесе шутлать. Çавăнпа вăл колхозсене ку тĕлĕшпе нимĕнле кăтарту та памасть.

**Т. ИВАНОВ.**
**(Хамăр корр.).**

### *Колхозсемпе МТС-сенчен пĕлтереççĕ*

ШĂХАСАН. Хăвăспуртри Кипечри «Вперед» колхозри пур уй-хир бригадисем те çуртрисене пысăк пахалăхпа акса пĕтернĕ. Çуракине ăнăçлăн ирттерес тĕлĕшпе уй-хир тата трактор бригадисем хушшинчи туслăх çирĕплленни пысăк пулăшу панă. Колхозниксем трактор бригадине лайăх ĕçлеме пур условисем те туса пама тăрăшнă. И. Максимов тата И. Филиппов трактористсем кулленхи нормăна 120—140 процент тултарнă.

Уй-хир бригадисенче вăйлă тырпулшăн социализмлă ăмăрту анлăн сарăлать. Çуртри акнă чухне уйрăмах комсомолецсем лайăх тĕслĕх кăтартнă.

**М. ВАСИЛЬЕВ.**

* * *

ИШЛЕЙ. МТС-ри механизаторсем кăçалхи çуракинче тракторпа тумалли ĕçсен планне майăн 20-мĕшĕ тĕлне 120 процент тултарчĕç. Социализмлă ăмăртура пирвайхи кунтан тытăнсах Г. Романов коммунист ертсе пыракан бригада малта пычĕ. Вăл хăйĕн планне 153 процент тултарнă. Çавăн пекех Т. Ефимов, С. Васильев, В. Ерманов, И. Жаров юлташсен бригадисем те çуракинче пысăк тухăçлăхпа ĕçленĕ. Техникăллă культурăсем акмалли участоксене хатĕрленĕ хыççăн халĕ бригадăсем çĕртме сухи тăваççĕ.

**Х. ЛИСИН,**
**В. ЧЕРНОВ.**

* * *

ЕЛЧĔК. «Новая жизнь» колхоз членĕсем В. Ильин трактористăн ĕçне çулленех лайăх хак параççĕ. Ĕçчен тракторист кăçал ку колхозра гектар пуçне 100 пăтран кая мар тĕштырă туса илме сăмах панă. Ильин юлташ кулленхи ĕç нормине 130—150 процент тултарса пынă, çураки ĕçĕсене кĕске срокра вĕçленĕ, сунтармалли тата сĕрмелли çу нумай перекетленĕ.

Ильин юлташ ĕçленĕ участоксем çинче çуртри калчисем уйрăмах тикĕс шăтса тухнă тата лайăх ӳсеççĕ.

**Н. ФЕДОРОВ.**

* * *

КӲКЕÇ. «Чăваш Коммуни» колхозра строительство ĕçне лайăх организациленĕ. Строительство бригадинче халĕ 21 колхозник ĕçлет. Вĕсенчен ултташĕ хăма сураççĕ, ыттисем—платниксем. Çак кунсенче бригада 60 ĕне вырнаçмалăх çĕнĕ вите тума тытăннă.

Строительствăра Ефимов, Александров тата Иванов колхозниксем хăйсен пысăк ăсталăхне кăтартаççĕ.

**А. ТИМОФЕЕВ.**

## Совет Союзĕ тăрăх

Узбек ССР-ĕ. Республикăри колхозсен уй-хирĕсенче вăйлă тырпул ӳсет.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Ургутски районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз хирĕнче. Адыл Султановпа (сылтăмри) Хазраткул Мухтаров колхозниксем кĕрхи тулă пуссинче.

А. КУЗЬМЕНКО фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### Цимлянски гидроузелта

ЦИМЛЯНСКИ РАБОЧИ ПОСЕЛОК, майăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Цимлянски гидроэлектростанцийĕнче ĕçлекенсем пурăнакан поселок патĕнчен тăпра купаласа тунă пĕве пуçланса каять. Çак пысăк пĕве пухăннă шыва тытса тăрать. Шыв Дон тăрăх анаталла юхаймасть, унăн çулне пӳлнĕ. Шыв турбина çунаттисем çине ыткăнать.

Пĕвене халĕ архитектура тĕлĕшĕнчен илемлетеççĕ. Монтажниксем ĕнер пĕве çинче хунарсем вырнаçтарса лартма тытăннă. Тимĕрпе бетонран карлăк тăваççĕ. Икĕ километр тăршшĕ катмар хӳме тытнă. Тротуарсене асфальт сарса пĕтереççĕ. Пĕве çинче автомашинăсем çӳремелли бетон сарнă çул тата чугун çул линийĕ пулмалла. Ку чугун çул Куберле тата Морозовски станцисене пĕрлештерет. Сылтăм енчи çыранта Цимлянски станцинчен пуçласа пĕве патне çитиччен чугун çул сарнă. Пĕве çинче те рельссем сарса пĕтереççĕ.

Пĕверен инçех те мар, çыранра 31 метр çӳлĕш чаплă обелиск лартаççĕ. Обелиск площадкине Цимлянски гидроузелне тăвакансем паттăр ĕçленине кăтартакан скульптурăсемпе илемлетеççĕ.

Сулахай енчи çыранта, тинĕс еннелли тайлăмра парк пулать. Пĕвен сулахай пайĕнчи вырăнсенче йывăçсем лартаççĕ, клумбăсем тăваççĕ, чечексем куçарса лартаççĕ.

* * *

Цимлянски тинĕсĕн леш енче, Сталинград патĕнче часах Донпа Атăл шывĕсем пĕрлешеççĕ. Нумай та вăхăт иртмĕ, Цимлянски тинĕсĕнчи шыв та 14-мĕш шлюз витĕр 15-мĕш шлюз патне юхма тытăнĕ, вăл вара каналта анатри Дон шывĕпе пĕрлешĕ. Халĕ çак участокра пăрахутсене шлюзсем витĕр кăларма хатĕрленсе çитеççĕ.

### *Дон шывĕ ултăмĕш шлюз патне çитнĕ*

СОЛЯНКА (Сталинград облаçĕ), майăн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Мускав вăхăчĕпе 19 сехетре Дон шывĕ çиччĕмĕш шлюза тулнă. Унăн камери витĕр тухнă шыв ултăмĕш шлюзăн хапхи патне çитнĕ. Çапла вара шыв Чапурниковски районĕнчи шлюзсенче тата 10 метр аяларах аннă.

Çиччĕмĕш шлюзран ултăмĕш шлюз патне кайнă чухне шыв водохранилищĕне тулать. Ку водохранилищĕне пĕр миллион кубометр шыв кĕрет. Часах шыв пысăк лаптăка илет, çĕçенхирте ларакан Солянка поселокĕ тата Тингутински вăрман лартакан станци патне çитет.

Ултăмĕш шлюз тунă çĕрте ĕçлекенсем Дон шывне йышăнма, ăна шлюз витĕр малалла, Атăл патне юхтарса яма хатĕрленеççĕ.

### Колымари курортсем

МАГАДАН, майăн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Колымара санаторисемпе канмалли çуртсен шучĕ ӳссех пырать. Çурçĕр енче пурăнакансем «Талая» ятлă курорта питĕ лайăх пĕлеççĕ. Çак курорт хитре айлăмра вырнаçнă. Унта сывлăхшăн сиплĕ вĕри шывсем юхса тухаççĕ. Курорта аслăлатма 30 миллион тенке яхăн укça уйăрса панă.

Колымара пурăнакан çĕршер çынсем «Стахановец», «Снежная долина», «Полярный», «Березовая роща» ятлă канмалли çуртсенче канаççĕ.

### Украинăри рис уйĕсенче

Украинăри колхозсем рис акса пĕтернĕ. Рис акма нумай çĕрте 0,5—1,0 гектар пысăкăш участоксене йĕри-тавра тăпра купаласа тухнă. Рис ӳснĕ тапхăрта çав вырăнсенче аланах шыв пулать. Колхозсем вăл участоксем çинчен кашни гектартан 40—50 центнер рис туса илеççĕ. Кунсăр пуçне, колхозниксем çав шывах пĕвесенче пулă ĕрчетеççĕ. Пĕвене тин вăлчаран тухнă вĕтĕ зеркальнăй карп ярсан, çу каçиччен çав пулă 400—600 грамм таякан пулать.

Каховкăри гидроузела тата Кăнтăр Украинăри канала туса пĕтерсен, республикăра вуншар пин гектар рис акса тума тытăнаççĕ. (ТАСС).

Мускав облаçĕ. 1922 çулхи июнĕн 22-мĕшĕнче Волоколамск районĕнчи Ярополец ялĕнче гидроэлектростанци ĕçлеме пуçланă. Ăна В. И. Ленин пуçарнипе лартнă. Халĕ Ярополецри гидроэлектростанци хăвачĕ 105 киловатт, вăл 25 яла электричество энергийĕ парса тăрать.

И. ЕГОРОВ фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### Нефть продукчĕсем ытларах пулаççĕ

БАКУ, майăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Вано Стуруа ячĕпе тăракан заводăн нефть продукчĕсем туса кăларакан механизмĕсем пĕрмаях пĕр тикĕс ĕçлеççĕ. Хăватлă насуссем хатĕр продуктсене уçласах тăраççĕ. Завод кашни кунах çĕршер тонна бензин, краççын тата лигроин плантан ирттерсе туса кăларать.

Паян завод коллективĕ пилĕк уйăхри плане тултарни çинчен рапорт панă.

### Çĕр айĕнчи çулсене çĕнетеççĕ

СТАЛИНО, майăн 26-мĕшĕ. (ТАСС). «Сталинуголь» комбинат шахтисен çĕр айĕнче çӳремелли çулĕсем çĕршер километр шутланаççĕ. Çак çулсем тăрăх кунĕн-çĕрĕн электропоездсем çӳреççĕ, шахтăсенчен çĕр кăмрăкĕ тата тăпра турттараççĕ, шахтăсене йывăç, металран тунă юпасем тата ытти материалсем илсе пыраççĕ.

Халĕ çĕр айĕнчи çулсене çĕнетес тĕлĕшпе нумай ĕçлеççĕ. Кивĕ рельссем вырăнне çĕнĕ рельссем хураççĕ, шпалсем айне купаланă тăпрана хытараççĕ.

Комбинатăн пысăк шахтисенче çĕр айĕнчи çулсем тăрăх поездсем мĕнле çӳренине автоматлă аппаратсем тĕрĕслесе тăраççĕ.

Совет строительстви

# Малта пыракан ял Совечĕ

Чкаловски районĕнчи Анат Туçа ял Совечĕ хуçалăхпа культура строительстви енĕпе тăракан задачăсене пурнăçласа чылай ситĕнӳсем турĕ. Çакă вăл организацилле-массăллă ĕçе лайăх йĕркеленинчен, актив çине куллен таянса, ĕççынни массисемпе тачă çыхăнса ĕçленинчен нумай килнĕ.

Ял Совечĕн активĕ пысăк. Вăл депутатсемпе яланхи комиссисен членĕсенчен, колхоз производствинче малта пыракансенчен тăрать.

Кунта ĕççыннисене йышăнассине лайăх йĕркеленĕ, вĕсен ыйтăвĕсемпе çĕнĕ вĕсене вăхăтра шута илеççĕ.

Организациллĕ-массăллă ĕçе лайăхлатма май паракан тĕп условисенчен пĕри вăл—сессисемпе ларусене вăхăтра тата лайăх хатĕрленсе ирттересси пулать. Ял Совечĕ сессисемпе исполком ларăвĕсене вăхăтра ирттерет. Иртнĕ çулта 12 сесси, 37 лару тата 8 хутчен суйлавçăсен пухăвне ирттернĕ. Сессисемпе ларусем кăçал та вăхăтра пулса иртеççĕ. Вĕсенче сӳтсе явакан ыйтусене ял Совечĕн яланхи комиссийĕсем хатĕрлеççĕ. Çакă вăл кун йĕркинче тăракан ыйтусем тăрăх тивĕçлĕ решенисем йышăнма май парать. Кăçал ял Совечĕн сессийĕсенче çуракине мĕнле хатĕрленни çинчен икĕ хутчен сӳтсе явнă. Февраль уйăхĕнче пулнă сессире колхоз çуракине мĕнле хатĕрленни çинчен колхоз председателĕн М. Долгов депутатăн отчетне итленĕ. Ял Совечĕ, колхоз правленийĕпе тата пуçламăш парторганизацийĕпе пĕрле, çуракине хатĕрленес ĕçĕн тĕп участокĕсене ертсе пыма депутатсене тата ялти активе уйăрса çирĕплетнĕ. Йышăннă решенине кăтартнă срокра пурнăçлама колхозниксемпе колхозницăсене мобилизациленĕ. Çавна пула колхоз çуракине кăтартуллăн хатĕрлеччĕ, çурхи ĕçсене кĕске срокра тата пысăк пахалăхпа ирттерчĕ. Çурхи ĕçсем мĕнле пынине В. Кудрявцев депутат ертсе пыракан ялхуçалăх комиссийĕ тĕплĕн сăнаса тăчĕ, ситменлĕхсене сийĕнчех пĕтермелли мерăсем йышăнчĕ.

Ялхуçалăх комиссийĕ хăйĕн ĕçне çирĕп план тăрăх туса пырать. Комиссии ĕçри ситĕнĕвĕсем пысăк. Анат Туçа ял Советне кĕрекен «Гвардеец» колхоз тухăçлă тырпул туса илес тĕлĕшпе те, обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре те районта малта пыракан колхозсенчен пĕри.

Ял Совечĕ «Гвардеец» колхоза организацийĕпе хуçалăх тĕлĕшĕнчен çирĕплетес ĕçре пысăк пулăшу пачĕ. Кунта иртнĕ çул суйлавçăсен наказĕсене пурнăçласа çĕнĕрен сысна ферми тунă тата ăна механизациленĕ. Çавăн пекех лашасем валли çĕнĕ вите тунă.

Ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсен иртнĕ суйлавĕнче «Гвардеец» колхозри суйлавçăсем хăйсен депутачĕсене колхоз строительстви тата яла илемлетес тĕлĕшпе чылай наказсем парса хăварнă. Вĕсене пурнăçласа депутатсем пысăк ĕçсем туса ирттереççĕ. Кăçал тилĕсем валли çĕнĕрен типовăй вите тата чăх-чĕпсем валли çĕнĕ вите тăваççĕ.

Ял Совечĕ финанс планне тултарас тĕлĕшпе те пуçаруллă ĕçлет. Иртнĕ çулта бюджета тупăшсем енĕпе 110 процент, расходсем енĕпе 100 процент тултарнă. Кăçалхи 1-мĕш кварталти финанс планне те ăнăçлă тултарнă. Иккĕмĕш кварталта укçа-тенкĕ пухмалли плана тултарас ĕç ăнăçлă пулса пырать. Бюджетпа финанс комиссийĕ (председателĕ М. Долгов депутат) финанс планне тултарас ĕçе активистсене анлă хутшăнтарать, депутатсемпе актив пулăшнипе ĕççынни массисемпе тачă çыхăну тытать, укçа-тенкĕ пухмалли плана тултарассишĕн массăллă ăнлантару ĕçне йĕркелесе пырать.

Ял Совечĕ кашни уйăхрах яланхи комиссисен председателĕсен канашлăвне ирттерет. Унта уйăх хушшинче тунă ĕçсен результачĕсене пăхса тухать, çитес уйăхра тумалли ĕçсене палăртать, яланхи комиссисен ĕç планĕсене çирĕплетет.

Яланхи комиссисем пуçаруллă ĕçленĕ май ял Совечĕпе ĕççыннисем хушшинчи çыхăну куллен-кун тĕрекленет, ял Совечĕн ĕçĕ лайăхланать.

Анат Туçа ял Советĕнче пурĕ 11 депутат. Вĕсем суйлавçăсен наказĕсене мĕнле пурнăçласа пыни çинчен тăтăшах отчетсем туса пăраççĕ, суйлавçăсемпе тĕл пулаççĕ. Депутатсем хăйсен ĕçне халăхпа тачă çыхăнса туса пыраççĕ. Сессисем пулса иртнĕ хыççăн, ĕççыннисене сесси материалĕсемпе паллаштараççĕ.

Анат Туçа ялĕн сăн-сăпачĕ, ĕççыннисен пурнăçĕ тĕпрен улшăнчĕ. Октябрьти Аслă революциччен кунта хупахсăр пуçне нимĕн те пулман пулсан, халĕ çичĕ çул вĕренмелли шкул, клуб, вулав çурчĕ, больница тата ытти учрежденисем ĕçлеççĕ. Кашни килте радио калаçать, Ильич лампочки çутатать.

Çичĕ çул вĕренмелли шкулта халĕ 300 ача ытла вĕренет. Шкул директорĕ пулса В. Кузнецов депутат ĕçлет. Вăл суйлавçăсен наказĕсене пурнăçлассишĕн ырми-канми ĕçлет.

— 1952 çулхи пĕрремĕш кварталти социализмлă ăмăртăвăн итогĕсене пăхса тухнă хыççăн хамăр республикăри ял Совечĕсен ăмăртăвĕнче пирĕн ял Совечĕ малти вырăна тухса, пĕрремĕш преми илме тивĕçлĕ пулчĕ. Эпир малашне те малтисен ретĕнче пулас ĕмĕтпе пĕтĕм вăя хурса ĕçлĕпĕр,—тет ял Совет исполкомĕн председателĕ П. Андреев юлташ.

И. МЕШКОВ.

## Заем укçи тӳлеççĕ

КАНАШ. Янкăльч ял Советĕнчи Маленков ячĕпе тăракан, «Коммунар» колхоз членĕсем кăçалхи заем укçине 25.350 тенкĕ ытла тӳлерĕç. Çавăн пекех заем укçине Сухайкасси ял Советĕнчи ĕççыннисем 19.125 тенкĕ, Сиккасси ял Советĕнчи ĕççыннисем 10 пин тенкĕ ытла тӳленĕ.

ЧУРАЧĂК. Сталин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем 1952 çулта кăларнă заем укçине 36 пин тенкĕлĕх çырăнса илчĕç. Хальхи вăхăтра колхозниксемпе колхозницăсем хушшинче заем укçине пухас ĕç анлă сарăлса пырать. Майăн 16-мĕшĕ тĕлне колхозра 20 пин тенкĕ заем укçи пухнă.

# Кок-сагыз плантацийĕнче

Куйбышев ячĕпе тăракан колхозăн кок-сагыз плантацийĕнче хĕвел тухса сарăлнă вăхăтра ĕç пуçланчĕ. Бригадăра утмăл тăхăр çын. Вĕсем пурте харпăрхăйне çирĕплетсе панă участока тăнă та, кок-сагыз калчи хушшинчен хăлха çакки курăкĕсене тăсатаççĕ. Ку—иккĕмĕш çул ӳсекен плантаци. Ана пĕлтĕр те çумкурăкĕсенчен темиçе хут тасатнă. Анчах чеке лариччен тепĕр хут çумлани сиенлĕ мар. Пĕлмен çынна кунта нимĕнле çумкурăкĕ те çук пек туйăнать. Темиçе çул ĕçлесе хăнăхнă çынсен куçĕ сивĕч мĕн. Каучуководсем, сайра хутра та пулсан, хăлха çакки курăкĕ шыраса тупаççĕ, ăна икĕ енне те çивĕчлетнĕ çĕçĕпе тĕпĕнченех касса кăлараççĕ.

Çĕр пичĕ юртан тасалнăранпах ĕç шавĕ лăпланмасть ĕнтĕ кунта. Малтанах икĕ çул ӳсекен плантацири калчана кашни гектар çине икĕ тонна таран çĕрĕк тăприне кайăк-кĕшĕк тислĕкĕпе хутăштарса сапса апат пачĕç. Апат панă хыççăн зигзаг сӳрепе икĕ хут сӳрелерĕç. Тепĕр эрнерен йăрансем хушшине культиваторпа çемçетсе тухрĕç.

Пĕр çул ӳсекен плантацире те тăрăшса ĕçлеççĕ. Тăпра кушăкма пуçласан, тимĕр шăллă кĕреплепе йăрансем хушшине çемçетсе тухнă. Тăпрари нӳре упраса хăварнă хыççăн кĕркунне акнă кок-сагыз лайăх шăтса тухнă.

Юрласа ĕçлекен колхозниксем плантаци хĕррипелле çитнĕ вăхăтра ял енчен автомашина килсе чарăнчĕ. Звеньевойсем машина çинчен аммиак селитри пушатрĕç. Вара харпăр хăй звенинчи çынсене пĕр çул ӳсекен кок-сагыз плантацинчи кашни гектар çине сакăрвунă килограмм сапса апат памалăх удобрени уйăрса пачĕç.

— Çумăр пулас умĕн парсан аван та ĕнтĕ ку апата,—теççĕ удобрени илсе апат пама хатĕрленекен колхозниксем.

— Ан хăрăр. Паян е ыран çумăр пулать,—шантарать вĕсене А. Павлов юлташ.

— Çумăр пулассине пĕлме барометр мар вĕт эсĕ...

— Вĕрçăра аманнă ура кăвар пек пĕçерсе ыратать, вăт мĕншĕн пĕлетĕп.... Апат пама васкас пулать. Унсăрăн кая юлма пултаратпăр.

Колхозниксем бригадира шанаççĕ. Павлов юлташ виçĕ çул хушши бригадăна ертсе пырса хăйĕн пултарулăхне кăтартса пама ĕлкĕрнĕ ĕнтĕ. Пĕлтĕр колхоз икĕ çул ӳсекен плантациреи планпа палăртнинчен икĕ хут çурă ытларах тымар, аллăшар килограмм вăрлăх пуçтарса илнĕ. Пĕр çул ӳсекен плантацири тымар та икĕ хут ытларах пулнă. Кок-сагыз туса сутнăшăн государство колхоза 96 пин тенкĕ укçа тӳленĕ, 436 центнер çĕрулми, 87 центнер тулă панă. Пысăк тухăçлă кок-сагыз туса илнĕшĕн колхоз председателĕ П. Михайлова тата А. Павлов бригадирпа «Социализмлă ялхуçалăхĕн отличникĕ» медаль парса наградăланă.

Çĕнтерӳ хавхалантарнă колхозниксем тата лайăххăн тăрăшса ĕçлеме пуçланă. Вĕсем кăçал мĕнпур лаптăк çинчен планпа палăртнинчен виçĕ хут ытларах тымарпа вăрлăх туса илессишĕн ăмăртаççĕ.

Кăçал кĕркунне кок-сагыз акмалли вырăна пĕлтĕрех таран çĕртме туса хăварнă. Хĕллехи вăхăтра кок-сагыз акнă тата çĕртме тунă вырăна тăватă хут юр тытнă, 1.700 лав тислĕк кăларнă, минераллă удобренисем кӳрсе килнĕ, малта пыракансен опытне тăрăшса вĕреннĕ.

Кăнтăрла тĕлĕнче, апат çисе ларакан колхозниксем патне МТС-ăн участокри агрономĕ Васильева юлташ пычĕ. Вăл паян кунĕпех плантацире кок-сагыз вăррине сиен кӳрекен хурткăпшанкăсем пуррипе çуккине тĕрĕслесе çӳрерĕ.

— Хурт çук-и?—агрономран ыйтрĕ бригадир.

— Сайра-хутра тĕл пулать çав.

— Хăвăртрах эмел сапасчĕ-çке,—хыпаланса ӳкрĕç колхозниксем.

— Çумăр хыççăн, тăпрана кăпкалантарас умĕн, сапатпăр,—колхозниксене ăнлантарать бригадир.

— Бригадир тĕрĕс калать. Барометр çумăр пулассa систерет. Çумăр хыççăн сапсан аванрах пулать.—бригадир сăмахне çирĕплетет агроном.

Апат çисе тăрансан колхозниксем пĕр вырăна пуçтарăнса ларчĕç. Агроном вĕсене кок-сагыз вăрлăхĕн тухăçлăхне ӳстермелли майсем çинчен каласа ăнлантарма пуçларĕ.

— Вăрлăх шултра, тутă пултăр тесен çĕре суперфосфатпа çĕнетмелле. Вăл сирĕн колхозăн пур. Кунсăр пуçне вăрлăха типĕтме пĕлни те кирлĕ. Халиччен эпир вăрлăха хăма çине сарса типĕтнĕ. Кун пек час пулмасть. Малашне пир çине сарса çиелтен марлĕпе витсе типĕтме тытăнатпăр. Аялтан та, çиелтен те сывлăш кĕрсен пĕрчĕсем часах типме пултараççĕ тата çил вĕçтерсе каясран та хăрушă мар,—ăнлантарать агроном.

...Калчасене апат парса пĕтернĕ вăхăтра хĕвеланăç енчен пĕлĕт хупăрласа килчĕ. Ирпе чĕреслетсе ăшă çумăр çума пуçларĕ.

П. ЩИПЦОВ.

Канаш районĕ.

УКЕРЧЕК ÇИНЧЕ: Куйбышев ячĕпе тăракан колхоз бригадирĕ А. П. Павлов тата звеньевой П. Е. Титова иккĕмĕш çулхи плантацире ӳсекен кок-сагыза пăхаççĕ.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

# РАЙОНТИ ХАÇАТСЕНЧЕ ХУСКАТНĂ ЫЙТУСЕМ

### Колхозлă ял илемĕшĕн

Колхозлă ялсем илемленсе пыраççĕ. Вĕсене илем кӳрес ĕçе колхозниксемпе колхозницăсем тата ялти интеллигенци активлă хутшăнаççĕ. Ĕççыннисем урамсемпе площадьсене, халăх пухăнакан ытти вырăнсене таса та культурăллă тытма, лартнă йывăççене тĕрĕс-тĕкел сыхласа ӳстерме тăрăшаççĕ. Клубсемпе шкулсем, кану паркĕсемпе стадионсем тата ытти ĕçсем тума та халăх активлă хутшăнать.

Анчах ялсене илемлетсе лайăхлатас ĕçе пур çĕрте те тивĕçлипе организациленĕ теме çук-ха. Первомайски районĕнчи «Коммунар» хаçатра çырнă тăрăх, районти пĕр ялта та урамсенче йывăç лартас тĕлĕшпе пикенсе ĕçлемеççĕ. Первомайски ял Советĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхозра иртнĕ çулсенче урамсене лартнă йывăççенчен чылайăшĕ хăрса пĕтнĕ. Пăлапуç Пашъел ял Совечĕ яла илемлетес, пĕвесем пĕвелес тĕлĕшпе кăçал икĕ сессире сӳтсе явса решени йышăннă. Анчах çав решенисем пурнăçа кĕмесĕр юлаççĕ. «Коммунар» хаçат çапла çырать:

«Партипе правительство колхозлă ялсене, район центрне юсаса илемлетес ĕç валли çулсеренех укçа-тенкĕ сахал мар уйăрса парать. Вырăнти руководительсем тăрăшман пирки çав укçатенкĕпе çуллепех тивĕçлипе усă курмаççĕ... Район Совечĕн çул-йĕр строительствипе благоустройство комиссийĕ пур. Унăн председателĕ К. Софронов, членĕсем Е. Решетникова, С. Первов депутатсем хăйсене комиссине суйланăранпа пĕре те пухăнса каласман, вырăнсенче те ку ĕçпе ертсе пымаççĕ».

Ялсемпе поселоксене илемлетсе лайăхлатассишĕн вырăнсенчи Советсен депутачĕсем, ялти интеллигенци, колхоз активĕ пример кăтартса ĕçлемелле. Ял Совет исполкомĕсемпе колхоз правленийĕсен, ялсенчи пуçламăш парторганизацисен илемлĕ те культурăллă ялсемшĕн кĕрешес ĕçе ертсе пымалла.

### Строительствăра вырăнти материалсемпе усă курар

Республикăри чылай колхозсенче ялан ĕçлекен строительство бригадисем пур. Вĕсем умĕнче халĕ тăракан ответлă задачăсенчен пĕри вăл—строительство валли кирлĕ чухлĕ вырăнти материалсем хатĕрлесси. Малта пыракан колхозсенче тĕрлĕ обществăллă çуртсемпе выльăх витисем тунă çĕрте хĕртнĕ кирпĕчпе тата саман кирпĕчпе усă кураççĕ. Кирпĕчрен çурт-йĕр тăвас ĕçе кирек хăш колхозра та организацилеме пулать.

Сĕнтĕр районĕнчи «Ударник» колхоз членĕсем 1951 çулта тăмран çапса 500 пуç вырнаçмалăх чăх-чĕп вити тунă. Колхоз председателĕ В. Михайлов юлташпа колхозри парторганизаци секретарĕ М. Степанов юлташ районти «Ĕç ялавĕ» хаçатра вырăнти строительство материалĕсемпе усă курас ыйтупа çапла çыраççĕ:

«Кăçал эпир тăмран çапса пăрусем усрамалли вите, пилĕк стеналлă тимĕрçĕ лаççи тăватпăр. Строительствăра кирпĕчпе те усă куратпăр. Çавна май çак çура 20 пин хĕртнĕ кирпĕч тума палăртрăмăр. Строительство валли йывăç та çителĕклĕ хатĕрлерĕмĕр... Районти кашни колхозăн строительствăра вырăнти материалсемпе усă курма май пур».

Вырăнти строительство материалĕсенчен çурт-йĕр туни колхозсемшĕн пур енчен те усăллă. Кирпĕчрен е саман кирпĕчрен тунă çурт-йĕр нумай ларать, тепĕр енчен, колхозсем инçетрен строительство материалĕсем турттарса килесрен хăтăлаççĕ.

Пур колхозсенче те вырăнти строительство материалĕсемпе анлă усă курма тăрăшмалла.

### Çул-йĕр ĕçĕн планне кашни колхоз тултартăр

Тăвай районĕнчи колхозниксемпе колхозницăсем тата çул-йĕр работникĕсем кăçалхи çул-йĕр ĕçĕсен планне срокчен тултарассишĕн социализмлă ăмăрту пуçарчĕç. Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе ВКП(б) Чăваш обкомĕ, тăвайсен пуçарăвне ырласа, июнĕн 1-мĕшĕпе июлĕн 15-мĕшĕ хушшинче ялти халăха çул-йĕр строительствине массăллăн хутшăнтарма чĕнчĕç.

Çул-йĕр строительстви планне пурнăçлас ĕçре большевикла пичет умĕнче ответлă задачăсем тăраççĕ. Колхозниксемпе колхозницăсен тата çул-йĕр работникĕсен ĕçĕ çинчен куллен çутатмалла, плана срокчен тултарассишĕн социализмлă ăмăрту организацилеме пулăшмалла, малта пыракансен опытне сарса пымалла.

Шăмăршă районĕнчи «Сталин ялавĕпе» хаçат çул-йĕр строительстви ыйтăвĕпе умстатья пичетленĕ. Иртнĕ çулхи плана уйрăм колхозсем тата район мĕнле тултарнине палăртнипе пĕрлех, хаçат кăçалхи çул-йĕр строительствине хатĕрленесси япăх пынине палăртать. Хаçатра çапла çырнă:

«Çул-йĕр строительствине хакламаннине чăтса тăма çук. Паян-ыранах районти пур колхозсем те ĕçе пĕтĕм вăя хурса тытăнмалла.. Чкаловскипе Первомайски районĕсемпе ăмăртса ĕçлесе, çулсемпе кĕперсем тумалла, кивĕсене юсаса, кирек мĕнле çанталăкра та çӳреме юрăхлă тумалла. Ялти вăйпитти çынсене çул-йĕр строительствине хутшăнтарса, плана ытлашшипех тата кашни колхоз тăрăх тултарассишĕн пĕтĕм вăя хурса кĕрешмелле».

Кăçалхи çул-йĕр строительстви планне срокчен тата ирттерсе тултарассишĕн, кăтартуллă çул-йĕршĕн районпа район, колхозпа колхоз хушшинче социализмлă ăмăртăва вăйлатса пырасси—паянхи задача.

## „Коммунизм ялавĕ“ хаçатра çырнă хыççăн

### „Организациллĕ-массăллă ĕçе хисеплемен çĕрте“

Ĕççынни депутачĕсен Красноармейски район Совет исполкомĕн председателĕ М. Гринев юлташ «Коммунизм ялавĕ» хаçатра апрелĕн 16-мĕшĕнче пичетленнĕ «Организациллĕ-массăллă ĕçе хисеплемен çĕрте» ятлă статьяна исполком ларăвĕнче сӳтсе явни çинчен пĕлтерчĕ. Район Совет исполкомĕ хаçат ситменлĕхсене тивĕçлипе критикленине палăртнă. Супар ял Совет исполкомĕн председательне П. Николаев юлташа организациллĕ-массăллă ĕçе япăх организациленĕшĕн ятланă, ял Советне ĕçре пулăшас енĕпе тивĕçлĕ мерăсем йышăннă.

*Ачасене хӳтĕлемелли Пĕтĕм тĕнчери кун умĕн*

# Миршĕн, ачасен телейĕшĕн

Социализм çĕршывĕнчи ача чухнехи пурнăç çурхи кун пек хаваслă та хитре. Пирĕн ачасен куçĕнчи телей Кремль çăлтăрĕсем çинчи хĕвел пайăрки пек йăлтăртатать. Совет çĕршывĕн çамрăк гражданинĕ хуть те ăçта пурăнсан та, ун ашшĕ-амăшĕ кирек кам пулсан та—рабочи-и вăл, колхозник-и е интеллигенци представителĕ-и—вăл партипе правительство тата Аслă Сталин уншăн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшнине туять.

Сталин юлташ совет çамрăкĕсем пирĕн малашлăх, пирĕн шанчăк тесе каларĕ. «Çамрăксем пирĕн лайăх, савăнăçлă,—терĕ аслă çулпуç.—Пирĕн государство ытти пур государствăсенчен ачасене лайăх пăхса çитĕнтерес, çамрăксене лайăх воспитани парас тĕлĕшпе укçа-тенкĕ шеллеменнипе уйрăлса тăрать». (И. В. Сталин, Сочиненисем, 13 т., 269 стр.).

Совет халăхĕ хăйĕн ачисем валли шкулсем, библиотекăсем, театрсем, пионер дворецĕсем лартать. Ачасем валли чи лайăх курортсемпе санаторисем туса панă. Иртнĕ 1951 çулта пионер лагерĕсемпе санаторийĕсенче, яслĕсемпе ача-пăча сачĕсен дачисенче пилĕк миллион ытла ача каннă.

Совет çĕршывĕнче ачасем пурте вĕренеççĕ. Совет Союзĕнче ачасене пĕр тӳлевсĕр çичĕ çул вĕренмелле тунă. Пирĕн çĕршывра пысăк халăхсемпе вак халăхсен çĕр ытла чĕлхипе вĕрентеççĕ.

Государство халăха çутта кăларас ĕç валли укçа-тенкĕ нумай уйăрса парать. Çак ĕçсем валли вăрçă хыççăнхи пилĕк çуллăх çулĕсенче 258,9 миллиард тенкĕ расходланă.

Ачасем валли кĕнекесем миллионшар тиражпа кăлараççĕ. 1952—1953 вĕренӳ çулĕнче вырăс шкулĕсем валли 120 миллион экземпляр учебник кăлармалла. Кăçалхи çул ача-пăча издательстви ачасем валли 55 миллион экземпляр кĕнеке кăларать. Чи паллă совет ученăйĕсем пирĕн шкулсем валли учебниксем çыраççĕ. Пĕтĕм çĕршыв пĕлсе тăракан писательсем чаплă художествăллă произведенисем çыраççĕ, вĕсем Совет Союзĕнчи çамрăк граждансене чăн-чăн çын пулса ӳсме вĕрентеççĕ. Ачасен пурнăçĕпе сывлăхĕнче, ваййисемпе вĕренĕвĕсенче яланах Тăван çĕршыв вĕсемшĕн тăрăшни курăнать. Çакă вăл халăх пурнăçĕ пĕрмаях лайăхланса пынинче, сывлăх ĕçĕн çитĕнĕвĕсенче яр-уççăн курăнать. Вăрçă умĕнхи 1940 çулпа танлаштарсан, Совет Союзĕнче вилĕм икĕ хут чакнă; ачасен вилĕмĕ унтан та ытларах чакнă. Темиçе çул хушши ĕнтĕ çĕршывра халăх 1940 çулхинчен ытларах хутшăнса пырать, халĕ вăл çулсерен 3 миллион ытла хушăнать.

Миллионшар ачасенчен çыннăн чи телейлĕ вăхăтне — ача чухнехи вăхăтне туртса илни капитализмăн чи пысăк ирсĕрлĕхĕсенчен пĕри пулать. Капитализм ачасене выçă лартать, çаппа-çарамас тăратса хăварать, вăй çитмен ĕç тутарса ир вĕлерет.

5—6 çулхи ачан хăйне хăй ĕçлесе тăранмалли çинчен пирĕн ача амăшĕ шутлама та пултараймасть. Иранра вара паянхи кун та çав çулхи пиншер ачасем тĕттĕм те пăчă çуртсенче пир тĕртекен станоксем патĕнче тертленеççĕ. «Ан хĕнĕр пире... мĕншĕн тесен пирĕн алăсем тура чĕркеленипе юнланса пĕтнĕ»,—çапла хурлăхлăн юрлаççĕ мĕскĕнсем—Иранра пир тĕртекен пĕчĕк ачасем. Индире джутпа çĕр мамăкĕ тата чей плантацийĕсенче иртен пуçласа каçчен миллионшар ача асапланса ĕçлет. Çамрăк ачасем кунта мĕнпур ĕç вăйĕнчен 25 проценчĕ пулса тăраççĕ. Йывăр ĕç тăвакан ачасене кашни кун пĕр ывăç рис илмелĕх кăна укçа тӳлеççĕ. Индире çиме çитменнипе çулсеренех пĕр миллион ытла ача вилет. Иранра кашни çĕр ачаран 85 ача таран, француз влаçĕсем 14 пин полицейски... тата мĕн пурĕ те 181 врач тытса тăракан Мароккăра 75 ачаран ытла, Японире 62 ача вилсе пырать. Японири ĕççыннисен ачисем тĕлĕнмелле начар условисемче пурăнаççĕ. Нушана пула ним тума пĕлменнипе чылай ашшĕ-амăшĕсем хăйсен ачисене сутаççĕ. Хĕрачасем вара Америкăн оккупаци çарĕсен офицерĕсемпе салтакĕсем çӳрекен аскăнлăх çурчĕсене лекеççĕ. Фукусима префектуринче кăна хресченсем, 3—6 пин иена илсе, 3 пине яхăн ача сутса янă. Çав укçапа 35—70 кĕренке рис илме пулать.

Капитализм ачасенчен—телейлĕ ачалăха, амăшĕсенчен—ача амăшĕн савăнăçне туртса илет. Пурпĕрех пĕтмеллескер, вăл ĕççыннисен миллионшар массисене выçлăхпа, çуклăхпа асаплантарать, тĕттĕм чурнăçра тытса усрать.

Акă, Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем. «Пĕтĕм тĕнчипех» пуç пулса тăма ĕмĕтленсе, Америка монополисчĕсем США бюджечĕн 80 процентне вăрçă расхочĕсене яраççĕ. Сутĕç валли вара бюджетран пĕр процентран та каярах уйăрнă, сывлăх ĕç валли укçа-тенкĕ калама та çук сахал пăхнă. Çавна пула унта темиçе миллион ача шкула çӳреме пултараймасть. Американецсем хăйсем официальнăй йĕркепе пĕлтернĕ тăрăх, 6 ачаран пĕр ача пуçламăш шкултан вĕренсе тухаймасть, вăтам шкула кĕнĕ ачасенчен сурри вара часах вĕренме пăрахать. Америка капиталисчĕсем ачасен ĕç вăйĕпе анлăн усă кураççĕ. Пĕлтĕрхи октябрь уйăхĕнче США-ра 2.344 пин çамрăк ача ĕçленĕ, вĕсенчен 768 пин ача ялхуçалăхĕнче ĕçленĕ.

Америка офицерĕсемпе салтакĕсем пуçсăрланса пурăнакан Японире çеç мар, США-ра та ачасене кашни кунах сутаççĕ. Ачасене сутса тупăш илекен бизнесменсем хăйсен «тарифне» те туса хунă: ача пуçне 322 доллар, урăхла каласан, шăпах ĕнтĕ, ача амăшне врача тата ача суратмалли çурта тӳлемелĕх параççĕ.

США сывлăх министерстви пĕлтернĕ тăрăх, Америкăра кашни сехетрех 12 ача вилет. Кунтан тĕлĕнмелли çук ĕнтĕ, мĕншĕн тесен ку çĕршывра амбулаторисемпе клиникăсенче ачасен виçĕ проценчĕ кăна пулăшу илет.

Океан леш енчи çынна курайман тискерсем урăххипе интересленеççĕ. Вĕсен, Гитлер примерĕ тăрăх, ачасене гангстерсем, чыса та намăса та пĕлмен çынсем пулма вĕрентсе ӳстермелле. США-ра шкулсене милитаризацилени те, кино та, радио та, миллионшар тиражпа тухакан йĕрĕнчĕклĕ «комикс» кĕнекисем те çакна тума пулăшаççĕ. Çаксем пурте, çынна вĕлерме, çаратма, ытти халăхсене курайми пулма вĕрентеççĕ, вăрçă пурпĕрех пулмалла тесе ĕнентереççĕ.

Çакăн хыççăн Америка хаçат-журналĕсенче 12—15 çулхи ачасем çын вĕлерни, çаратни çинчен нумай çырнинчен, Америкăри тĕрлĕ-тĕрлĕ преступленисемшĕн полицине кашни çулах икĕ миллион ача илсе пынинчен, Америкăри тĕрмесем ачасемпе тулса ларнинчен тĕлĕнмелли пур-и ĕнтĕ? Çав тери тискер те хаяр пулма, шухăш-кăмăл енчен пăсăлма вĕрентни океан леш енчен Европăри маршаллизациленĕ çĕршывсене те куçса пырать, çакна пула ачă-пăчасем кунта та тискер ĕçсем нумай тума пуçлаççĕ.

Ытти капитализмлă çĕршывсенчи ачасен пурнăçĕ те лайăххах мар. Пĕлтĕр Англире, пĕрмаях ӳссе пыракан вăрçă расхочĕсене пула, шкулсем тума уйăрнă укçаран 25,5 процентне чакарнă. Францире халĕ хут пĕлменни 1 миллион та 100 пин çын шутланать. Статистика пĕлтернĕ тăрăх, çак çĕршыври шкулсенче 300 пин класра санитарипе гигиена ыйтăвĕсене тивĕçтерейменçĕ. Вăрçă вăхăтĕнче ишĕлтерсе пĕтернĕ 41 лицейран тăваттăшне кăна юсанă. Çав вăхăтрах Францири вăрçă вăхăтĕнче пăрахăçа тухнă колледжсемпе лицейсене юсама халĕ пехота дивизине тытса тăма расходлакан укçа-тенкĕ те çителĕклĕ. Италире 2 миллион ача вĕренмест, ачасем çав тери нумай вилеççĕ. Испанире ачасен тăватă пайĕнчен виçĕ пайĕ туберкулезпа, сурри рахитпа чирлет. Хĕвеланăç Германире пиншер çамрăк ыйткаласа çӳрет.

Çĕнĕ тĕнче вăрçине чĕртекенсем ачасем валли йывăр чирсем, хĕн-хурпа асап кӳреççĕ. Вĕсем ачасем валли пурăнма май çук условисем туса пăраççĕ; вĕсем, чуниллисем, ачасене пĕр шеллемесĕр вĕлереççĕ. Америкăн сывлăшри гангстерĕсем Корейăн мирлĕ хулисемпе ялĕсем çине тоннăн-тоннăн бомбăсем пăрахаççĕ, ачасене, хĕрарăмсене, старриксене пĕтереççĕ, вăрçăра бактерисемпе усă кураççĕ.

Хăйсен океан леш енчи хуçисенчен вĕренсе, Грецири монархист-фашистсем те ачасене вĕлерсе пĕтереççĕ. Вĕсем Грецири патриотсен 15 пин ачине концентраци лагерĕсене, тĕрмесене хупса лартнă, вĕсене йывăр ĕçлеттерсе, выçă лартса асаплантарса вĕлереççĕ. Çак тискер ĕçсем çинчен Кифисси тĕрминче ларакан ачасем пĕтĕм тĕнчене çырса пĕлтерчĕç. «Вĕсем пире çыхса пăрахса патаксемпе, пралуксемпе хĕнеме тытăнчĕç, — тесе çыраççĕ пĕчĕк ачасем.— Вĕсем пирĕн çăвара тутăр татăкĕсем, супăнь татăкĕсем чикеççĕ. Вĕсем пирĕн çири тумтире хывса илсе пирĕн ӳте пирусcемпе çунтараççĕ...»

Ача-пăча хуйхипе, куççулĕпе тулнă тĕнче—акă мĕн вăл тискер кайăксенчен чи тискертереххисем—капиталистсем пуç пулса тăракан çĕршыв. Ку хуйхă пĕчĕк çынсен салху пуçĕсенче кăна мар, вĕсен питех те ир пĕркеленнĕ пит-куçĕсенче кăна мар, вăл ачасен чун-чĕрине те тарăн кĕрсе вырнаçнă, ачасене пурнăç çине шанми туса хунă.

Нумай пулмасть Нью-Йоркри пĕр шкул учителĕ хăйĕн вĕренекенĕсене ыйту панă: «Хăвăр шутпа, тепĕр вунă çултан кам пулатăр тесе шутлатăр эсир?»—тенĕ. Класри ачасен виçĕ пайĕнчен икĕ пайне яхăн: «Вилетпĕр», тесе ответленĕ.

Çакна калама май пекĕсĕрех социализм çĕршывĕнчи шкул ачисен хăюллă та шанчăклă ĕмĕчĕсем аса килеççĕ. Совет Союзĕнчи ачасем инженерсем, учительсем, агрономсем, корабль капитанĕсем, поэтсем, коммунизмăн аслă строителисене тăвакансем, çĕр айĕнчи пурлăхсене шыракансем—пуянлăхпа çынсен телейне тăвакансем пулма ĕмĕтленеççĕ. Вĕсен ĕмĕчĕсем чăнах та пурнăçланаççĕ. Вĕсен умĕнче пурнăç алăкĕ усă, вĕсен таланчĕсемпе пултарулăхĕ аслă ĕçре чăнчăнах усăллă пулччăр тесе, государство ырми-канми тăрăшать. Совет Союзĕнче, халăх демократи çĕршывĕсенче, Китай халăх республикинче ĕççыннисен пурнăçĕ пĕрмаях лайăхланса пырать, ӳссе пыракан ăрушăн кунта яланах тăрăшса ĕçлеççĕ.

Ача чухнехи хаваслă пурнăçа пĕтерсе хума юрамасть. Пĕтĕм тĕнчери миллионшар таса кăмăллă çынсем хăйсен ачисем телей тупасса, вĕсен сывлăхне, пурнăçне пĕтĕм тĕнчери çынсем хӳтĕлеме кирлине ĕненсе тăраççĕ, вĕсен çак ĕненĕвне, çак шанчăкне туртса илме юрамасть.

Миршĕн кĕрешекенсен хăватлă лагерьне пĕрлешсе, пĕтĕм тĕнчери таса чĕреллĕ çынсем çĕнĕ тĕнче вăрçи хатĕрлекен реакци вăйĕсене хирĕç хĕрӳллĕ кĕрешеççĕ. Пĕтĕм тĕнчери демократиллĕ хĕрарăмсен федерацийĕ тата Пĕтĕм тĕнчери демократиллĕ çамрăксен федерацийĕ пуçарнипе 1950 çултанпа ачасене хӳтĕлемелли Пĕтĕм тĕнчери кун ирттермелле тунă. Çак кун çĕр чăмăрĕ çинчи халăхсем миршĕн, вăрçă чĕртекенсене хирĕç вăйлă кĕрешнине кăтартса парать. Кăçалхи çул Венăра ачасене хӳтĕлемелли Пĕтĕм тĕнчери конференци пулса иртрĕ. Вăл конференцире пулнă çынсем капитализмлă çĕршывсенчи, пăхăнса тăракан тата колониллĕ çĕршывсенчи ачасен йывăр условисене хирĕç протестлеса сиплерĕç. Конференци йышăннă чĕнӳре çапла каланă: «Ачасене хӳтĕлемелли Пĕтĕм тĕнчери кун—июнĕн 1-мĕшĕ кашни хулара, кашни заводра, кашни ялта халăхсем миршĕн, пĕтĕм тĕнчери халăхсем хушшинчи туслăхпа шанăçшăн тăнăçне кăтартса патăр».

Сăпкари ачасене империализмлă вăрă-хурахсем сапакан, вилĕм кӳрекен бациллăсенчен, бомбăсенчен сыхлар! Ачасене телейлĕ те савăнăçлă кун-çул парар! Çапла ыйтаççĕ пĕтĕм тĕнчери малта пыракан çынсем.

М. НИКОЛАЕВ.

# 1952 çулхи производство планне ăнăçлă тултарассишĕн

*(Республикăри парти активĕн пухăвĕнчен)*

Майăн 27—28-мĕшĕсенче Шупашкарта республикăри парти активĕн пухăвĕ пулса иртрĕ. Пуху «Республикăри промышленноçпа транспорт кăçалхи тăватă уйăх хушшинче ĕçленин итогĕсем çинчен тата çулталăкри плана тултармалли мерăсем çинчен» ятлесе сӳтсе яврĕ. Ку ыйтупа ВКП(б) обком секретарĕ Н. Никитин юлташ доклад турĕ.

— ВКП(б) Центральнăй Комитечĕ, — терĕ докладчик, — парти обкомĕ промышленность предприятийĕсен ĕçĕпе çителĕксĕр интересленнине, промышленноçăн нумай отраслĕсем тата предприятисем тăтăшах юлса пынипе тата государство планĕсене тултарманнипе килĕшсе тăнине палăртнăччĕ. Центральнăй Комитет ВКП(б) обкомне плана кашни предприяти тăрăх тултарса пымалла тума, вăрман, вырăнти тата коопераци промышленноçĕн ĕçне лайăхлатма хушнăччĕ.

ВКП(б) Центральнăй Комитечĕ кăтартса панисене тата ВКП(б) обкомĕн VIII-мĕш пленумĕ йышăннă постановленисене пурнăçа кĕртсе пырса, облаçри парторганизаци пĕлтĕрхи IV-мĕш кварталта промышленность ĕçне пăртак лайăхлатрĕ. Республикăри промышленность продукци туса кăлармалли 1951 çулхи плана пĕтĕмĕшпе 106 процент тултарчĕ, 1950 çулхипе танлаштарсан, 18 процент ытларах продукци туса кăларчĕ. Пĕлтĕр промышленность ĕç тухăçлăхне ӳстермелли тата продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетмелли задание пурнăçларĕ. Çав вăхăтрах çакна палăртас пулать: 1951 çулта 195 предприяти плана тултарман. Хăшпĕр предприятисем продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмĕшпе тултарнă пулин те, ăна ассортимент тăрăх пурнăçламан, ĕç тухăçлăхне ӳстермелли, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетмелли плана тултарман, япăх продукци туса кăларнă, шалти резервсемпе япăх усă курнă, пĕр тикĕс ĕçлемен.

Кăçал республикăри промышленность пĕлтĕрхинчен чылай япăхрах ĕçлет. Продукци туса кăлармалли тăватă уйăхри плана пĕтĕмĕшпе 96.4 процент çеç тултарнă, вăл шутра союзлă министерствăсемпе ведомствăсене пăхăнса тăракан предприятисем—99,9 процент, РСФСР министерствисемпе ведомствисене пăхăнса тăракан предприятисем—89,7 процент, Чăваш АССР министерствисемпе ведомствисене пăхăнса тăракан предприятисем—93,6 процент, районсенчи промышленность—104,8 процент, промысла тата инвалидсен кооперацийĕ—104,1 процент тултарнă. 1951 çулхи тăватă уйăхрипе танлаштарсан, 8,5 процент çеç ытларах продукци туса кăларнă. Кăçалхи тăватă уйăх хушшинче Тăван çĕршыва 16 миллион тенкĕлĕх продукци парса çитереймен.

Союзлă министерствăсемпе ведомствăсене пăхăнса тăракан предприятисенчен кăçалхи тăватă уйăхри плана Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ завод, Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕ, Шупашкарти эрехпе ликер завочĕ, Етĕрнери спирт завочĕ тата хăшпĕр вăрман хатĕрлекен предприятисем тултарман.

Асăннă предприятисем плана тултарманни партиллĕ-организациллĕ тата партиллĕ-политикăллă ĕçе вăйсăрлатнинчен, парторганизацисем администраци ĕçне тăтăш тата тарăн тĕрĕслесе тăманнинчен, социализмлă ăмăртăва ертсе пырас ĕçри формализма пĕтерес тĕлĕшпе çителĕксĕр кĕрешнинчен килнĕ. Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводри парторганизаци кăçалхи пĕрремĕш кварталта администрацин хуçалăх ĕçне çителĕксĕр тĕрĕсленĕ. Çавна пула снабжени пайĕнче ĕçлекенсем кирлĕ материалсене вăхăтра кӳрсе килмен. Март уйăхĕнче çеç партком уйрăм цехсем плана тултарманни çинчен сӳтсе явнă, оперативлă планированине, технологие лайăхлатмалли, производствăри çитменлĕхсене пĕтермелли, брака чакармалли мерăсем йышăннă. Партком сборнăй цехсене кадрсем енĕпе тĕреклетнĕ, цехсенчи парторганизацисене цехри администраци ĕçне лайăхрах тĕрĕслесе пыма пулăшнă. Çавăн хыççăн заводра ĕçсем пăртак лайăхланнă. Продукци туса кăлармалли плана март уйăхĕнче 102,7 процент, апрель уйăхĕнче 103,7 процент тултарнă. Апла пулин те завод хăйĕн февраль уйăхĕнчи парăмне татайман-ха.

Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕ пĕрремĕш кварталти плана тултарман. Комбината Мускаври Ломоносов ячĕпе тăракан государство университечĕ валли сĕтелсем туса кăларма заказ панă. Çак хисеплĕ заказа комбинат япăх пурнăçласа пырать. Комбинат çителĕксĕр ĕçлени производствăна кирлĕ пек организацилеменнинчен килет. Комбинатри партбюро рабочисене, инженерсемпе техниксене плана тултарма мобилизацилемен, предприяти мĕншĕн юлса пынине вăхăтра тĕпчесе пĕлмен. Тăваттăмĕш цех плана тултарманни чĕртавар çитменнинчен мар, киревлĕ технологипе усă курнинчен, ĕçе механизацилеме тăрăшманнинчен, ĕç тухăçлăхĕ пĕчĕккинчен, пĕр тикĕс ĕçлеменнинчен килнĕ.

Çав çитменлĕхсене цехри коммунистсем хăйсен январь уйăхĕнче пулса иртнĕ пĕрлехи пухăвĕнче палăртнă. Коммунистсен пухăвĕ паха решени йышăннă. Анчах партбюро цехри парторганизацие тивĕçлĕ пулăшу паман пирки лайăх решенисене халиччен пурнăçа кĕртсе çитереймен. Апрель уйăхĕнче комбинат плана тултарнă. Ку уйăхра та ăнăçлă ĕçлет. Комбинатри парторганизаци çур çулхи заданине пур кăтартусем тăрăх та пурнăçлама коллектива большевикла мобилизацилес пулать.

Çĕмĕрлери «Большевик» завод плана хисеп енĕпе çеç мар, пахалăх тĕлĕшĕнчен те тăтăшах ăнăçлă тултарса пырать. Дирекципе парторганизаци производствăна çĕнетсе лайăхлатас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса иртернĕ. Ку—паха тĕслĕх. Анчах çакна палăртас пулать: завод директорĕ Лузин юлташ тата партбюро электростанци хăвачĕпе туллин усă курма, хулари предприятисене пăспа электроэнерги çителĕклĕ парса тăма тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ. Çав çитменлĕхе ВКП(б) Çĕмĕрле райкомĕ те вăхăтра палăртман.

Çĕмĕрлери йывăç япаласем тăвакан «Комбайндеталь» завод юлса пыни унăн директорĕ Петров юлташ çителĕксĕр ертсе пынинчен, вăл парторганизаци çине таянса ĕçлеменнинчен, дисциплинăна çирĕплетме тăрăшманнинчен килнĕ. Петров юлташ государствăна ултавлас çул çине тăнă. Вăл 1951 çулхи плана тултарни çинчен суя отчет панă. ВКП(б) обком бюровĕ Петров юлташа тивĕçлĕ ответлăх тыттарчĕ. Заводри парторганизаци тата ВКП(б) Çĕмĕрле райкомĕ большевикла критикăпа самокритикăна сарман, заводри пысăк çитменлĕхсене пĕтерме татăклă мерăсем йышăнман.

Кăçалхи тăватă уйăхра «Чăвашвăрман» треста пăхăнса тăракан вăрманпромхозсем Тăван çĕршыва 225 пин кубометр йывăç парса çитереймен. 1951 çулхи плана трест тултарчĕ, IV-мĕш кварталта вăл лайăхрах ĕçлерĕ. Анчах кăçалхи пĕрремĕш кварталта вара пĕр вăрманпромхоз та плана тултарман.

Пĕрремĕш кварталта вăрман хатĕрлемелли плана тултарманнин тĕп сăлтавĕсенчен пĕри вăл хăшпĕр районсен руководителĕсем государство заданине пурнăçлассишĕн тимлĕ кĕрешменни пулать. Вăрман хатĕрлевĕ енĕпе уйрăмах Элĕк, Ишлей, Красноармейски, Кувакино, Октябрьски, Чурачăк, Шăмăршă, Шăхасан, Елчĕк районĕсем çителĕксĕр ĕçленĕ. Асăннă районсенчи ВКП(б) райкомĕсем партипе правительство вăрман хатĕрлевĕ тĕлĕшпе кăтартса панисене пурнăçлама тивĕçлĕ мерăсем йышăнман, колхозниксем хушшинче массăллă-политикăллă ĕçе йĕркелемен, плана кашни колхоз тăрăх тултарассишĕн социализмлă ăмăрту организацилемен. Правительство панă заданине пурнăçласси çине уйрăмах ВКП(б) Ишлей райкомĕ тата унăн пĕрремĕш секретарĕ Ашмарин юлташ чунсăр пăхнине палăртас пулать. Ашмарин юлташ хĕл каçиччен тĕрлĕ сăлтавсем шыраса пурăнчĕ, Ишлей районĕнчи колхозниксем валли вăрманта условисем туса паман тесе ăнлантарса пама пăхрĕ. Кĕркуннепе хĕллехи сезон вĕçленес умĕн çеç вăрмана çынсем тата лавсем уйăрса ячĕç. Ишлей районĕ йывăç касса хатĕрлемелли плана 66,3 процент, турттарса кăлармалли плана—28,6 процент çеç тултарнă.

ВКП(б) Красноармейски райкомĕн секретарĕ Дмитриев юлташ вăрман хатĕрлемелли плана тултарма темиçе хутчен те сăмах пачĕ. Анчах вăл хăйĕн сăмахĕсене пурнăçлама тивĕçлĕ мерăсем йышăнман. Çавăнпа та Красноармейски районĕ йывăç касса хатĕрлемелли плана 71 процент, каснă йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли плана—47 процент, турттарса кăлармалли плана—69,8 процент çеç тултарнă.

Муркаш, Комсомольски, Пăрачкав, Чкаловски, Первомайски тата Çĕмĕрле районĕсенчи колхозниксем Ишлей районĕнчи колхозниксемпе пĕр пек условисенчех ĕçленĕ. Апла пулин те вĕсем государство заданине тултарнă çеç мар, иртерсе тултарнă. Паллах, вĕсен ĕçĕнче те йывăрлăхсемпе чăрмавсем пулнă. Анчах малта пыракан районсен руководителĕсем çав йывăрлăхсене большевикла пĕтерсе пынă, вĕсем хăйсем вăрмана час-часах кайса тăнă, ĕçри çитменлĕхсене вырăнта пĕтерме пулăшнă.

Чылай районсенче йывăç хатĕрлеме вăйпитти колхозниксене сезон вĕçлениччен ĕçлеме мар, пĕчĕк задание пурнăçлама çеç хутшăнтарнă. Çавăн пирки вăрманта ĕçлекенсем час-часах улшăнса тăнă, ĕç тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ пулнă. Ĕçлекенсем нумай улшăнса тăни ĕçе тĕрĕс йĕркелеме, механизмсемпе туллин усă курма чăрмантарнă. Нумай районсемпе колхозсенче Вăрнарпа Калинино районĕсенчи колхозниксем чĕнсе каланине ячĕшĕн çеç сӳтсе явнă, халăх хуçалăхне йывăç материалсем питĕ кирли çинчен колхозниксене тĕплĕн ăнлантарса паман, вĕсене государство çирĕплетсе панă задание пурнăçлама мобилизацилемен.

Чылай колхозсенчи парторганизацисем йывăç хатĕрлемелли плана срокчен тултарассишĕн социализмлă ăмăртăва йĕркелемен. Вăрманта коммунистсем сахал пулнă. Уйрăм ВКП(б) райкомĕсем вăрмана колхозниксене ертсе пыма ответлă руководительсемпе коммунистсене уйăрса яман. Вăрманпромхозсен руководителĕсем колхозниксем валли ĕçлеме тата пурăнма лайăх условисем туса паман, «Чăвашвăрман» трест çав çитменлĕхе пĕтерме тивĕçлĕ мерăсем йышăнман.

Йывăç хатĕрлемелли плана тултарманнин тĕп сăлтавĕ вăл—вăрманпромхозсем пуян, çĕнĕ техникăпа туллин усă курманни, ĕç тухăçлăхĕ пĕчĕкки пулать. План тăрăх трестăн пĕрремĕш кварталта кашни автомашина пуçне 1.600 кубометр йывăç турттарса кăлармалла пулнă, вăл вăтам шутпа 1.020-шер кубометр çеç турттарнă. Шăмăршă вăрманпромхозĕнче вара автомашинăсен хăвачĕпе 47 процент çеç усă курнă. Автомашинăсемпе йывăç турттармалли нормăна пĕр вăрманпромхоз та тултарман. Предприятисем тракторсене те япăх ĕçлеттереççĕ. Пĕрремĕш кварталта Шăмăршă вăрманпромхозĕнче кашни трактор пуçне пурĕ те 87 кубометр, Йĕпреç вăрманпромхозĕнче—808 кубометр çул хĕррине илсе тухнă. Çав вăхăтрах Сысуйкин, Вельдяев, Боренин, Борисов трактористсем пĕр тракторпа 2.500—5.000 кубометр йывăç турттарса кăларнă.

Вăрманпромхозсем чугун çул транспорчĕпе тата ытти механизмсемпе те япăх усă кураççĕ. Çакă вăл çирĕп технологи дисциплинин çуккинчен килет. Трест руководителĕсем Киркинпа Лапинский юлташсем, çавăн пекех вăрманпромхозсен директорĕсем тата парторганизацисем технологи дисциплинине çирĕплетме, кадрсен ответлăхне ӳстерме тăрăшмаççĕ. Технологи дисциплинине пуринчен малтан вăрман пункчĕсен начальникĕсемпе мастерĕсем хăйсем пăсаççĕ. Нумай çĕрте йывăçсене тĕрĕс касса йăвантармаççĕ. Çулсене вăхăтра юсамаççĕ. Технологи дисциплинине пăснă тĕслĕхсем уйрăмах Çĕмĕрле, Улатăр вăрманпромхозĕсенче нумай.

Вăрманпромхозсенче партиллĕ-политикăллă тата партиллĕ-массăллă ĕçе кирлĕ пек йĕркелемен. Вăрманпромхоз директорĕсен политика енĕпе ĕçлекен заместителĕсен нумайăшĕ çителĕксĕр ĕçлеççĕ.

Никитин юлташ сĕт-çу тресчĕпе çăкăр тресчĕ çителĕксĕр ĕçленине палăртать. Асăннă трестсене ертсе пыракан Кузнецовпа Финкельштейн юлташсем хăйсене пăхăнса тăракан предприятисене япăх тĕрĕслесе тăраççĕ, вĕсене тивĕçлĕ пулăшу памаççĕ, халăх ыйтăвĕсене шута илмесĕр ĕçлеççĕ. Малашне асăннă çитменлĕхсене пĕтерес пулать.

Чăваш АССР Министрĕсен Советне пăхăнса тăракан промышленность тăватă уйăхри плана тултарман. Уйрăмах çак промышленность апрель уйăхĕнче япăх ĕçленĕ. Шупашкарти тир-сăран комбиначĕ, сăмахран, уйăхри плана 42,1 процент çеç тултарнă. Плана çавăн пекех Ленин ячĕпе тăракан фабрика, Шупашкарпа Улатăрти тумтир çĕлекен мастерскойсем, 15 райпромкомбинат тултарман.

Улатăрти атă-пушмак фабрики темиçе çул хушши ĕнтĕ плана тултараймасть. Çакă вăл фабрика директорĕ Дембицкий юлташ çаврăнăçусăр ĕçленинчен тата ВКП(б) Улатăр хула комитечĕ фабрикăри çитменлĕхсене пĕтерме татăклă мерăсем йышăнманнинчен килет.

36 райпромкомбинатран 15 райпромкомбинат тăватă уйăхри плана тултарман. Вĕсем нумайăшĕ вырăнти чĕртавартан продукци туса кăлараççĕ. Сăмахран, Первомайски райпромкомбинатăн оборудовани, çурт-йĕр, электроэнерги çителĕклĕ, вăрман çывăхра. Апла пулин те, вăл тăватă уйăхри плана тултарман. Электроэнерги çителĕклĕ пур пулин те, урапа-çуна, катка-пичке тата сĕтел-пукан тăвас ĕçе механизацилемен. Йывăç каскалакан хăшпĕр станоксем уйăрса парсан, промкомбинатра халичченхинчен çахалтан та виçĕ хут ытларах продукци туса кăларма пулать.

Тепĕр тĕслĕх. Районта кирпĕч сахал. Çав вăхăтрах промкомбинатăн пĕлтĕрхи чĕрĕ кирпĕч нумай выртать. Ăна кĕркуннех хĕртмелле пулнă. Асăннă çитменлĕхсем Первомайски райсовет исполкомĕпе Чăваш АССР Вырăнти промышленность министерстви халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларас, вырăнти пуян условисемпе усă курас тĕлĕшпе пуçарусăр ĕçленинчен, ВКП(б) Первомайски райкомĕ предприятисен ĕçĕпе сахал интересленнинчен килет. Малашне çак çитменлĕхе пĕтермелле, райпромкомбинат ĕçне тĕпрен çĕнетсе лайăхлатмалла.

Апат-çимĕç промышленность министерстви те (министрĕ Калинкина юлташ) плана тултарман. Министерство чĕртавар фончĕ вăхăтра илме тата чĕртавара кӳрсе килме тивĕçлĕ мерăсем йышăнманнине пула Етĕрнери çу завочĕ тăватă уйăх ĕçлемен.

Тăватă уйăхри плана çавăн пекех Вырăнти топливо промышленность управленийĕ, Пулă тресчĕ, Полиграфипе издательство тата кĕнеке суту-илӳ управленийĕ тултарман.

Уйрăмах Чăвашдревпромсоюз çителĕксĕр ĕçленине палăртас пулать. Чăвашдревпромсоюзăн çĕнĕ руководителĕсем ĕлĕкхи руководительсем тунă çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе кирлĕ пек кĕрешмеççĕ-ха.

Никитин юлташ Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ хăйне пăхăнса тăракан промышленность ĕçĕпе тарăн интересленменнине, плана тултармалла тăвас, куллен кирлĕ таварсем ытларах туса кăларас, вырăнти чĕртаварпа лайăхрах усă курас тĕлĕшпе министерствăсемпе ведомствăсен руководителĕсен ответлăхне кирлĕ пек хăпартманнине палăртать.

Предприятисен халăх хуçалăхне кирлĕ продукци çеç туса кăлармалла, правительство заданийĕсене вăхăтра, пысăк пахалăхпа пурнăçламалла. Çакна республикăри нумай предприяти руководителĕсем асра тытмаççĕ. Сăмахран, Канашри вагонсем юсакан завод вагонсем юсамалли плана, Улатăрти пăравуссем юсакан завод пăравус кустăрмисемпе рессорсем юсамалли плана тултарман. Куславккари çуртсем тăвакан завод, Ялхуçалăх министерствине пăхăнса тăракан Канашри ремонтнăй завод тата ытти хăшпĕр предприятисенче плана номенклатурăпа ассортимент тăрăх тултарман.

Пĕрремĕш кварталта нумай предприятисем ĕç тухăçлăхне ӳстермелли, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетмелли задание пурнăçламан.

Никитин юлташ çакна палăртать: юлашки вăхăтра чылай предприятисенче рабочисен пурнăçпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерессине вăйсăрлатнă, дисциплинăна çирĕплетессишĕн кирлĕ пек кĕрешмеççĕ. Предприятисенчи парторганизацисен, ВКП(б) райкомĕсемпе хула комитечĕсен асăннă çитменлĕхе пĕтерме татăклă мерăсем йышăнас пулать.

Республикăри чугун çул транспорчĕнчи парторганизацисем, рабочисене, инженерсемпе техниксене тата служащисене государство планĕсене пурнăçласа пыма мобилизацилесе, ĕçре хăшпĕр çитĕнӳсем тунă. Хусан чугун çулĕн Улатăр уйрăмĕ грузсем турттармалли кварталти плана ăнăçлă тултарнă. Апла пулин те республикăри чугун çул транспорт ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур-ха. Улатăр уйрăмĕнче поездсене график тăрăх çӳретмеççĕ, вагонсем вăхăтра çаврăнмаççĕ, ĕç дисциплинине пăснă тĕслĕхсем пулкалаççĕ. Анчах уйрăм руководителĕсем, политотдел, пуçламăш парторганизацисем çав çитменлĕхсене пĕтерес, кадрсене воспитани парас, массăллă-политикăллă ĕçе вăйлатас тĕлĕшпе татăклă мерăсем йышăнмаççĕ. Канашри чугун çул организацийĕсен ĕçĕнче те çитменлĕхсем сахал мар. Чугун çул транспорчĕнчи парторганизацисен партиллĕ-организациллĕ тата партиллĕ-массăллă ĕçе вăйлатмалла, рабочисем хушшинче социализмлă ăмăртăва анлă сармалла, дисциплинăна çирĕплетмелле.

Çул-йĕр строительствин ответлă тапхăрĕ пуçланчĕ. Тăвай районĕнчи колхозниксемпе çул-йĕр работникĕсем çул-йĕр строительстви планне срокчен тата иртерсе тултарма, пур ĕçе те пысăк пахалăхпа тума, çулсене лайăх пăхса усрама сăмах пачĕç, республикăри колхозниксемпе çул-йĕр работникĕсене социализмлă ăмăртăва чĕнчĕç. Тăвайсен патриотла пуçарăвне ВКП(б) обком бюровĕ ырларĕ, июнĕн 1-мĕшĕпе июлĕн 15-мĕшĕ хушшинче ялти вăйпитти çынсене çул çинче ĕçлеме массăллăн хутшăнтарма йышăнчĕ. Тырă вырма тухиччен çулсемпе кĕперсене пурне те юсаса пĕтермелле. Райсовет исполкомĕсемпе ВКП(б) райкомĕсен кăçалхи çул-йĕр строительстви планне кашни колхоз тăрăх ăнăçлă тултарма тивĕçлĕ мерăсем йышăнас пулать.

Докладчик республикăра строительство ĕçĕсем çителĕксĕр сарăлса пынине палăртать. ВКП(б) обкомĕн IX-мĕш пленумĕ капитальнăй строительство тĕлĕшпе йышăннă решение чылай хуçалăх организацийĕсемпе парторганизацисем пурнăçламаççĕ. Строительство организацийĕсенчен «Чăвашстрой» трест çеç тăватă уйăхри плана тултарнă. Уйрăмах пир-авăр комбинатне тăвас ĕç çителĕксĕр пынине палăртас пулать.

Пирĕн строительство планне тултарма мĕн кирли пурте çителĕклĕ, парти обкомĕн IX-мĕш пленумĕ палăртнă çитменлĕхсене çеç хăвăртрах пĕтермелле. ВКП(б) райкомĕсемпе хула комитечĕсен строительство организацийĕсен ĕçне ытларах тĕрĕслесе тăмалла, стройкăсен руководителĕсен ответлăхне ӳстермелле. Строительство материалĕсем тăвакан предприятисен ĕçне лайăхлатни кирлĕ.

Никитин юлташ социализмлă ăмăртăва ертсе пырас ĕçе лайăхлатма, формализма тĕпĕ-йĕрĕпе пĕтерме кирли çинче чылай чарăнса тăрать.

— Çак çулăн пуçламăшĕнче, — терĕ вăл, — Канашри вагонсем юсакан заводри стахановецсем патриотла ĕç пуçарса ячĕç. Обком бюровĕ вĕсен пуçарăвне ырларĕ тата ăна анлă сарма хушрĕ. Анчах чылай предприятисенче новаторсен пуçарăвне сарасси çине бюрократла пăхнă. Çак çитменлĕхе хăвăртрах пĕтермелле, стахановецсен пуçарăвне анлă сармалла.

Никитин юлташ çакна палăртать: предприятисенче оборудование социализмла пăхса усрама парас текен йăла сарăлнă пулнă. ВКП(б) Центральнăй Комитечĕ çак ĕçе сивленĕ, мĕншĕн тесен вăл предприятисемпе цех руководителĕсен ответлăхне чакарать.

Докладчик хаçат редакцийĕсене хуласемпе районсенчи предприятисем мĕнле ĕçлени çинчен сахал çырнăшăн критиклет, хăшпĕр ВКП(б) райкомĕсем, уйрăмах — Канаш, Первомайски, Пăрачкав, Сĕнтĕр, Вăрмар райкомĕсем промышленность енĕпе питĕ сахал ĕçленине палăртать.

ВКП(б) обкомĕн, райкомсемпе хула комитечĕсен предприятисенчи парторганизацисене ытларах пулăшмалла, уйрăмах пĕчĕк предприятисенче массăллă-политикăллă ĕçе лайăхлатмалла.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн министерствăсемпе ведомствăсене, райсовет исполкомĕсемпе хула Совет исполкомĕсене конкретнăрах ертсе пымалла, производство планне тăтăшах тултарса пырассишĕн руководительсен ответлăхне ӳстермелле.

Пирĕн республикăн промышленность ĕçне лайăхлатмалли резервсем нумай. Çав резервсемпе усă курса, рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем хушшинче социализмлă ăмăртăва анлă сарса, промышленность юлса пынине çитес çывăх вăхăтрах пĕтермелле.

Доклад тăрăх 24 çын тухса каларĕ.

Çĕмĕрлери «Большевик» завод директорĕ **Лузин** юлташ каланă тăрăх, завод экстракт туса кăлармалли тăватă уйăхри плана 103 процент, электроэнерги туса кăлармалли плана—119 процент, пăс туса кăлармалли плана—171 процент тултарнă, ĕç тухăçлăхне 8,8 процент ӳстернĕ, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетнĕ. Заводра продукцин хăйне ларакан хакне кашни операци тăрăх йӳнетессишĕн, продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн социализмлă ăмăрту анлă сарăлнă. Коммунист Дашков мастер ертсе пыракан бригада пĕлтĕрхи тăваттăмĕш кварталта тата кăçалхи пĕрремĕш кварталта пысăк пахалăхлă продукци туса кăларас тĕлĕшпе Пĕтĕм Союзри социализмлă ăмăртура пĕрремĕш вырăна тухнă. Кăçалхи пĕрремĕш кварталта комсомолка Корчагина юлташ ертсе пыракан бригада та Пĕтĕм Союзри ăмăртура малти вырăна тухнă.

Лузин юлташ завод строительство тĕлĕшпе юлса пынине, СССР Çăмăл промышленность министерстви строительство валли материалсем çителĕклĕ уйăрса паманнине, Çĕмĕрлери кирпĕч завочĕ туса кăларакан продукци пахалăхне лайăхлатма кирлине палăртать.

— Завод коллективĕ 1952 çулхи производство планне Сталинла Конституци кунĕ тĕлне тултарма социализмлă обязательство йышăнчĕ. Ăна вăл чыслă пурнăçласси пирки иккĕленместĕп, — терĕ юлашкинчен Лузин юлташ.

Анчах çакна палăртас пулать: докладчик «Большевик» завод электростанцийĕн усă курман резервсем пуррине, завод руководителĕсем хулари предприятисене электроэнергипе пăс çителĕклĕ парса тăрас тĕлĕшпе çителĕксĕр тăрăшнине палăртрĕ пулин те, Лузин юлташ электростанци ĕçне тата лайăхлатас тĕлĕшпе мĕн тума шухăшлани çинчен каласа памарĕ.

ВКП(б) Шупашкар хула комитечĕн секретарĕ **Полукаров** юлташ çакна палăртать: уйрăм предприятисем юлса пыни партиллĕ-организациллĕ тата партиллĕ-политикăллă ĕç çӳлĕ пусăмра тăманнинчен килет.— Юлашки вăхăтра, — терĕ оратор,— ВКП(б) хула комитечĕ предприятисенчи парторганизацисене ытларах пулăшма пуçларĕ, кадрсене воспитани парас, хуçалăх руководителĕсен экономикăллă пĕлĕвне ӳстерес тĕлĕшпе тимлĕрех ĕçлеме тытăнчĕ. ВКП(б) хула комитечĕ предприятисенчи парторганизацисен тата хăйĕн ĕçне ытларах тишкерсе пăхакан пулчĕ, государство заданийĕсене, уйрăмах пахалăх кăтартăвĕсем тăрăх чыслă пурнăçласа пыма партипе профсоюз организацийĕсене тимлĕрех мобилизацилеме хăнăхса çитрĕ.

Хулари промышленность продукци туса кăлармалли 1951 çулхи плана 108 процент тултарнă, кăçалхи тăватă уйăхри задание те ăнăçлă пурнăçланă. Анчах çакă вăл промышленноçра çитменлĕхсем çуккине пĕлтермест. 56 предприятирен пĕлтĕрхи плана 6 предприяти тултарман пулсан, кăçалхи тăватă уйăхри плана вара 19 предприяти тултарман. Вĕсем Тăван çĕршыва 4 миллион тенкĕлĕх продукци парса çитереймен.

Хулари промышленность кăçал пĕлтĕрхинчен япăхрах ĕçлени нумай предприяти руководителĕсем 1951 çулта тунă хăшпĕр çитĕнӳсемпе лăпланса ларнинчен килет. ВКП(б) хула комитечĕ çак çитменлĕхе çийĕнчех палăртман.

Полукаров юлташ республикăри министерствăсемпе ведомствăсене хулари юлса пыракан предприятисене япăх пулăшнăшăн критиклет. Сăмахран, Шупашкар хулинче Вырăнти промышленность министерствине пăхăнса тăракан предприятисем пурĕ улттă, вĕсенчен пиллĕкĕшĕ плана тултараймаççĕ.

Çăкăр тресчĕпе Чăвашпромсовет та хăйсене пăхăнса тăракан предприятисене кирлĕ пек пулăшмаççĕ.

ВЛКСМ обком секретарĕ **Федорова** юлташ комсомолецсемпе çамрăксем çĕнĕ техникăна вĕренес, ĕç тухăçлăхне ӳстерес, продукци пахалăхне хăпартас тĕлĕшпе паха тĕслĕхсем кăтартнине палăртать. Комсомолецсемпе çамрăксем производствăна çĕнетсе лайăхлатмалли сĕнӳсем параççĕ, хăйсен пĕлĕвне ӳстереççĕ. Оратор каланă тăрăх, предприятисенчи комсомол организацийĕсен ĕçĕнче çитменлĕхсем те сахал мар-ха. Чылай предприятисенче уйрăм комсомолецсемпе çамрăксене социализмлă ăмăртăва хутшăнтарман, ĕç нормине тултарман рабочисем те пур.

Çамрăк рабочисене ĕçе тĕрĕс вырнаçтарман, вĕсем валли пурăнма, канма, вĕренме лайăх условисем туса паман тĕслĕхсем те сахал мар. Хăшпĕр парторганизацисем комсомолецсемпе çамрăксен политикăллă пĕлĕвне ӳстерме тăрăшмаççĕ. Предприятисенчи парторганизацисен комсомол организацийĕсен ĕçĕпе тĕплĕнрех интересленмелле, вĕсене комсомолецсемпе çамрăксен ĕçри хастарлăхĕпе политикăллă активлăхне пĕрмай ӳстерсе пыма пулăшмалла.

«Легпромстройăн» 11-мĕш трест управляющийĕ **Каплин** юлташ Шупашкарти пир-авăр комбинатне тăвас ĕçри çитменлĕхсем çинчен тĕплĕн каласа пачĕ. Вăл каланă тăрăх, тăватă уйăхра 4,5 миллион тенкĕлĕх ĕç тунă. Çулталăк вĕçлениччен пурĕ 30 миллион тенкĕлĕх, урăхла каласан, кашни уйăхра 3 миллион тенкĕлĕх ытла ĕç тумалла. Атăл çинче навигаци уçăлнăранпа материалсем чылай кӳрсе килнĕ. Пĕрремĕш кварталта талăкра вăтам шутпа 36-шар пин тенкĕлĕх ĕç тунă пулсан, халĕ 80-шар пин тенкĕлĕх тăваççĕ. 1952 çулхи плана ăнăçлă тултарас тесен кулленех 130—140 пиншер тенкĕлĕх ĕç тумалла.

Каплин юлташ каланă тăрăх, трестра инженер-строительсем çитмеççĕ, механизмсем сахал. Пур пек механизмсемпе те лайăх усă курмаççĕ. Треста тата 300—350 рабочи кирлĕ.

Каплин юлташ Шупашкар пристань начальникне Богоявленский юлташа материалсем кӳрсе килме пăрахутсем вăхăтра паманшăн тата материалсене баржăсенчен ахаль тăракан кранпа пушатма ирĕк паманшăн критиклет.

Парти активĕн пухăвĕ Улатăр депови ĕçлекен машинист, Чăваш АССР Верховнăй Совет депутачĕ **Казяев** юлташăн сăмахне пысăк интереспе итлерĕ.

— Коммунистсен пуçарăвĕпе, — терĕ Казяев юлташ, — депора йывăр таяннă поездсем илсе çӳрессишĕн, топливо перекетлессишĕн социализмлă ăмăрту анлă сарăлнă. Ăна пула депо тăватă уйăхра планран иртерсе 194 пин тонна груз турттарнă. Çак уйăхри 20 кун хушшинче планран иртерсе 82 пин тонна груз турттарнă. Стахановец-машинистсем рационализаторла сĕнӳсем нумай параççĕ, çамрăк рабочисене хăйсен опычĕпе тата меслечĕпе паллаштараççĕ.

— Пĕрремĕш кварталта эпĕ ертсе пыракан колонна, — терĕ Казяев юлташ, — 38,6 тонна çĕр кăмрăкĕ перекетлерĕ, нормăран иртерсе 5 пин тонна груз турттарчĕ, чылай укса-тенкĕ перекетлерĕ.

Оратор депори çитменлĕхсене палăртать. Уйрăм машинистсем нормăран иртерсе çĕр кăмрăк пĕтереççĕ, пăравуссене тухăçлă ĕçлеттермеççĕ. Юлашкинчен, Казяев юлташ Канашпа Улатăр хушшинчи çула хăвăртрах юсаса пĕтерме сĕнет.

Шупашкарти пир-авăр фабрикинчи стахановка **Кручинина** юлташ коллективра социализмлă ăмăртăва мĕнле йĕркелени, новаторсен опычĕпе меслетне мĕнле майсемпе сарни çинчен каласа парать. Вăл каланă тăрăх, пур рабочисем те социализмлă ăмăртăва хутшăннă. Сталинла премин лауреачĕ Ковалев инженер меслечĕпе усă курни рабочисене ĕç тухăçлăхне ӳстерме, оборудованипе туллин усă курма май панă. Кручинина юлташ коммунистсен пĕрлехи пухăвĕсенче производствăлла ыйтусем тăтăш сӳтсе явни ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме, коллектив пуçарулăхне ӳстерме пулăшнине палăртать.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председатель заместителĕ **Репкин** юлташ нумай предприятисенче продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн тимлĕ кĕрешменнине палăртать. Уйрăмах вырăнти промышленность предприятийĕсемпе промартельсенче пысăк çитменлĕхсем пур. Пĕлтĕр Шупашкарти Ленин ячĕпе тăракан фабрика япăх продукци туса кăларнăшăн вуншар пин тенкĕ штраф тӳленĕ, унăн чылай продукцине Мускавран каялла ярса панă. Улатăрти атă-пушмак фабрикипе Шупашкарти тир-сăран комбиначĕ те час-часах паха мар продукци туса кăлараççĕ.

Уйрăмах Чăвашдревпромсоюза пăхăнса тăракан нумай артельсенче ĕççыннисемшĕн тăрăшманнине палăртас пулать. Шупашкарти «Красный мебельщик», Йĕпреçри «Кооплеспром» артельсем чĕрĕ йывăçран сĕтел-пукан тăваççĕ, çитменнине тата япăх сăрлаççĕ.

Чăвашпромсовета пăхăнса тăракан промартельсемпе кирпĕч завочĕсенче брак нумай тăваççĕ, плана ассортимент тăрăх тултарассишĕн кĕрешмеççĕ.

— Асăннă çитменлĕхсем, — терĕ Репкин юлташ, — райсовет исполкомĕсемпе хула Совет исполкомĕсем вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕн ĕçĕпе сахал интересленнинчен, вĕсене тивĕçлĕ пулăшу парса тăманнинчен килеççĕ. Малашне Советсен вырăнти органĕсен халăха куллен кирлĕ таварсем ытларах туса кăларма, вĕсен пахалăхне лайăхлатма татăклă мерăсем йышăнмалла.

— Канаш хулинчи промышленность, пĕтĕмĕшле илсен, продукци туса кăлармалли пĕрремĕш кварталти плана 105,8 процент тултарчĕ, — терĕ ВКП(б) Канаш хула комитечĕн секретарĕ **Новиков** юлташ. — 1951 çулта плана çичĕ предприяти тултарман пулсан, халĕ çавăн пек предприятисем иккĕ çеç юлнă. Анчах, оратор каланă тăрăх, пĕрремĕш кварталта плана ассортимент тăрăх çичĕ предприяти çеç тултарнă.

Новиков юлташ социализмлă ăмăртăва ертсе пырас ĕçре пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртать. Вагонсем юсакан заводра сменăри заданине çичĕ сехетре тата хăвăртрах тултарассишĕн 300 çынна яхăн çеç ăмăртать. Ытти предприятисенче ăмăрту çителĕксĕр сарăлнă.

— Назаровпа Николаев машинистсем пĕтĕм Хусан чугун çулĕшĕн паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Анчах ВКП(б) обкомĕн промышленноçпа транспорт пайĕ вĕсен опытне пĕтĕçтерме тăрăшмасть, — терĕ Новиков юлташ.

Прение çавăн пекех çак юлташсем тухса каларĕç: **Захарцев** (ВКП(б) Шупашкар хула комитечĕн членĕ), **Кузьмин** (Шупашкарти чăлха фабрики), **Рунги** (Çул-йĕр управленийĕ), **Шигаев** (Хусан чугун çул управленийĕн Улатăр уйрăмĕ), **Милушкин** (Улатăрти атă-пушмак фабрики), **Сергеев** (Шăхасан райсовет исполкомĕ), **Федорова** (ВКП(б) Çĕмĕрле райкомĕ), **Якимов** (Чăваш АССР Статистика управленийĕ), **Трофимов** (ВКП(б) Сĕнтĕр райкомĕ), **Киркин** («Чăвашвăрман» трест), **Вельдяев** (Улатăрти пăравуссем юсакан завод), **Голованов** (СССР Çул-йĕр министерствин Канашри строительствăпа монтаж кантурĕ), **Якунин** (Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ завод), **Русин** (Куславккари çуртсем тăвакан завод), **Александров** (Строительство материалĕсем тăвакан промышленность управленийĕ).

Юлашкинчен облаçри парторганизацисем умĕнче промышленноçпа транспорт енĕпе тăракан задачăсем çинчен ВКП(б) секретарĕ **Т. А. Ахазов** юлташ пысăк сăмах тухса каларĕ.

Парти активĕн пухăвĕ 1952 çулхи производство планне ăнăçлă тултарма пулăшакан решени йышăнчĕ.

# Совет правительстви Германипе мирлĕ договор тăвас пирки США, Англи тата Франци правительствисене панă нота ҫинчен урăх ҫĕршывсенче мĕн ҫырассĕ

## *Германи*

БЕРЛИН, майăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). «Нейес Дейчланд» хаҫат паян ҫапла ҫырать: «США, Англи тата Франци правительствисем Совет Правительствин нимĕҫ халăхĕн интересĕсене тата Европăри мире ҫирĕплетес интересĕсене пурнăҫлас шутпа халех Германипе мирлĕ договор тăвас пирки тăватă державăн канашлăвне пуҫлама ыйтать. Вăл ҫак ĕҫе тепĕр хут вăраха ямалла мар, тесе калать.

Совет правительстви Америкăн вăрҫа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договорне» питлет. Ҫав договор США, Англи тата Франци Европăри агрессиллĕ ушкăнсене—Германири реваншистсемпе (иртнĕ вăрҫăра парăнтарнăшăн тавăрма ĕмĕтленекенсемпе) нимĕҫ халăхне ҫĕнĕ вăрҫă хатĕрлес, ĕҫе хутшăнтарма тăрăшакансемпе ҫыхăнтарас тунă ҫар союзĕ пулса тăрать. «Европа ҫарĕ» текенскерпе тума, унта Хĕвеланăҫ Германи ҫарне, иртнĕ вăрҫăра парăнтарнăшăн тавăрма ĕмĕтленекен нимĕҫсене кĕртме шутланать. Совет правительстви агрессиллĕ ĕҫ тесе калать. «Европа ҫарне» тунипе Хĕвеланăҫ Германири иртнĕ вăрҫăра парăнтарнăшăн тавăрма ĕмĕтленекен правительствипе Сурĕҫ Атлантика союзĕнчи державăсем тунă каварла ĕҫ пулса тăрать. Совет Правительстви ҫавна кăтартса парать.

Совет Союзĕн нотинче ҫакăн пек вывод тунă: хĕвеланăҫĕнчи державăсен икĕпитлĕ политики, вĕсем пĕр енчен — мирлĕ договор тума кирлĕ ҫинчен калани, ҫав вăхăтрах, тепĕр енчен — мирлĕ договора тăвас ĕҫре пур майсемпе те чăрмантарма тăрăшни «Германи халăхне мирлĕ договор тума тата Германие наци тĕлĕшĕнчен пĕрлештерме ҫĕнĕ ҫул ҫырыма хушать», тенĕ. Хаҫат малалла ҫапла ҫырать: пĕтĕм тĕнчери мир лагерĕпе, хăватлă тата кусерен ӳссе пыракан лагерьпе танлаштарсан, вăрҫă пуҫарма хатĕртекенсем нумай шавлакан, хаярланса ситнĕ, малалла аталанса пымалли шанчăка ҫухатнă ҫынсен пĕчĕк ушкăнĕ пулса тăрать. Ҫав ҫынсем вăрҫă пуҫлама мĕн тери хаярăн тата урса кайса тăрăшассĕ, вĕсем халăхсен наципле интересĕсене, чи малтан нимĕҫ халăхĕн интересĕсене мĕн чухлĕ хытăрах хĕсессĕ, халăхсен патриотла вăйĕсем ҫавăн чухлĕ хăвăртрах ӳссе тата сарăлса пырассĕ. Халăхсен патриотла вăйĕсем аслă Совет Союзĕ малашнехи пухăслăха ҫирĕп ĕненсе тăмалли шанчăк парать.

США империалисчĕсене аденауэрсем нимĕҫ халăхне хирĕҫ кĕрешме тытăнчĕҫ. Нимĕҫсем, миршĕн тата пĕрлĕхшĕн кĕрешсе ĕҫре хăвăр вырăна йышăнăр! Вăрҫа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договора» пурнăҫласа пулмастарас тăрăшăр! Аденауэр тĕп пултăр!».

«Трибюне» хаҫат Совет Союзĕ халăхсен пĕтĕмĕшле тĕллевĕ—миршĕн тăрăшассине ялавах ҫине тăрса хӳтĕленине палăртать.

Совет правительстви, пĕрлĕхлĕ Германипе мирлĕ договор тăвас пирки халех калаҫусем пуҫлама сĕнсе, хĕвеланăҫĕнчи державăсен правительствисене панă нотăна «Демократиллĕ Германи Республикинчи пĕтĕм ҫын ырлать.

Совет Союзĕ иланах мирлĕ политика, нимĕҫ халăхĕн пурнăҫри тĕп интересĕсемпе килĕшӳллĕ политика тытса пынине кăтартса паракан ҫĕнĕ тĕслĕх пулса тăракан ҫак паха документа Берлинри предприятисемпе учрежденисенчи ĕҫҫынисем хĕрӳллĕ сӳтсе явассĕ.

Берлинри Димитровштрассе ятлă урамри газ заводĕнче ĕҫлекенсем хăйсен пухăвĕнче йышăннă резолюцире Совет правительствин нотине чунтан-чĕререн ырласĕ, милитаризмла сепаратлă договора хирĕҫ пĕтĕм вăй парса кĕрешме ҫирĕп шухăш тытнине палăртассĕ.

Нимĕҫсен ирĕклĕ профсоюзĕсен пĕрлешĕвĕн Саксония-Ангальд ҫĕрĕнчи (провинцийĕнчи) организацийĕн правленийĕ 1.200 пин ĕҫҫынин ячĕпе заявлени пичетлесе кăларнă. Унта профсоюзсем Совет правительствин Германипе мирлĕ договор тăвасси ҫинчен, Германие пĕрлештерессипе тата Пĕтĕм Германи правительствине туса хурасси ҫинчен сӳтсе явма халех тăватă державăн канашлăвне пухма ыйтса требовани лартнине ырлани ҫинчен пичетленĕ.

лĕшпе нумай вăхăт хушши ĕҫлеме тивĕ», тесе ҫырать.

Хаҫат ҫакна йышăнать: Совет Союзĕн сĕнĕвĕсене сирсе ярса, хĕвеланăҫĕнчи державăсем «хăрушă ҫул ҫине тăрассĕ». Анчах хаҫат ҫав султан пăрăнма май килмен пек кăтартма хăтланать.

Ассошиэйтед пресс агентствин корреспонденчĕ Болтвуд, Совет правительстви хĕвеланăҫĕнчи державăсене панă нота ҫинчен ҫырса, ҫакна палăртать: сепаратнăй «пĕтĕмĕшле договора» ҫирĕплетиччен (ратификациличчен) вăл законлă килĕшӳ пулма пултараймасть, ҫавăнпа та парламентсенче нумай вăхăт кĕрешме тивет. Уйрăмах Бонри тата Парижри парламентсенче, политикăллă ĕҫри влияниллĕ ушкăнсем ҫав плансене йышăнассине хирĕҫ тăнă ҫĕрте, нумай вăхăт хушши тата хаяррăн кĕрешме тивет... Пĕтĕмĕшле договор пирки калаҫасси социалистсем хирĕҫ тăнă тата коммунистсем ҫавна хирĕҫ хытă кĕрешнĕ условисенче пулса пычĕ. Пĕтĕмĕшле договор пирки Хĕвеланăҫ Германипе пăтрашса тата шикленсе ӳкнĕ. Ку вара ҫакăнтан палăрчĕ: договора алă пуснă куна—майăн 26-мĕшне Аденауэр правительстви уяв кунĕ туса иртерме пултараймарĕ...»

«Нью-Йорк таймс» хаҫатăн Вашингтонри корреспонденчĕ те Аденауэрпа сепаратнăй договор туса алă пуснăранпа ăна ҫирĕплетиччен «нумай вăхăт иртĕ», тесе уйрăмах палăртать.

«Дейли компас» хаҫат «Бонра йышăннă инкек кӳрекен решени» ятлă редакци ҫырнă статьяра Аденауэрпа тунă сепаратнăй договор вăл—«вăрҫă договорĕ» тесе ҫырать.

Хаҫат «пĕтĕмĕшле договора» сирсе яма, Германипе тăватă держава мирлĕ договор тăвасси ҫинчен, Германие ҫĕнĕрен хĕҫпăшаллантарма чаракан договор тăвасси ҫинчен калаҫса таталма халех тăватă державăн—Совет Союзĕн, США-н, Англин тата Францин канашлăвне пухма чĕнет.

«Нью-Йорк пост» хаҫатăн обозревателĕ Лернер Бонра кавар тунă пирки «нимĕҫсем кăмăлсăр пулнине тата Хĕвеланăҫ Европăри халăхсем тарăхнине» уйрăмах шикленсе палăртать.

Хаҫат США Германи ыйтăвĕпе Пĕрлешӳллĕ Штатсемшĕн пысăк инкек кӳме пултаракан позици тытса пыни ҫинчен асăрхаттарать.

## *Китай Халăх Республики*

ПЕКИН, майăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Совет правительстви Германипе мирлĕ договор тăвас пирки США, Англи тата Франци правительствисене панă нотăна Китайри пур хаҫатсем те пичетленĕ.

## *Польша*

ВАРШАВА, майăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). «Трибуна люду» хаҫат «Американецсемпе гитлеровецсен каварне хирĕҫ» ятлă умстатьяра ҫапла ҫырать:

Совет правительствин нота империалистсем икĕпитленсе суйнине пĕтĕмĕшле тăрă шыв ҫине кăларчĕ. Империалистсем Германие пĕрлештересси ҫинчен хитре сăмахсем калассĕ, ҫав вăхăтрах Германие пĕрлештерме чăрмантарассĕ. Ансăртран мар ĕнтĕ Вашингтон Бонри кавара пĕтĕ васкаса хатĕрлерĕ. Германи вăрҫĕ зонине Атлантика пактне союзне кĕртме тата «Европа ҫарне» нимĕҫсен ҫĕршер пин салтакне хутшăнтарма, ҫавна «Дейчланд юбер аллес» юрă (империализмла Германин гимнĕ пулнă, «Нимĕҫсен чапли вăл Германи» тенине пуҫланакан юрă.—Ред). сасси янăрнă вăхăтра туса пыма Америка империалисчĕсене «пĕтĕмĕшле договор» кирлĕ.

Вăрҫă пуҫарма хатĕртекенсем ҫавăн пек кавар тунă вăхăтра нимĕҫ патриочĕсен юхăмĕ анлăрах та анлăрах сарăлса пырать. Нимĕҫ патриочĕсем СССР правительствин тепĕр хут калаҫа панă сĕнӳсене пурнăҫласишĕн кĕрешессĕ. Совет правительствин панă сĕнӳсем Европăра мирлĕ пурнăҫа ҫирĕплетме малашлăх, Германие пĕрлештермелли, ăна суверенитетлă государство туса хумалли тата мирлĕ аталантармалли малашлăх уҫса парассĕ.

## *Чехословаки*

ПРАГА, майăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Совет правительстви Германипе мирлĕ договор тăвас пирки США, Англи тата Франци правительствисене панă нота ҫинчен Чехословакири хаҫатсем нумай ҫырассĕ.

«Руде право» хаҫат «Германипе мирлĕ договор тăвас пирки Совет Союзĕ тăратнă сĕнӳсене пурнăҫлассишĕн» ятлă умстатьяра ҫапла ҫырать:

Совет правительствин ноти пирки пирĕн ҫĕршыври мĕнпур ĕҫҫыннисем хытă шухăшлассĕ, ăна ырлассĕ. Германи ыйтăвне татса парасси паянхи кун пĕтĕм этемлĕх интересĕсене пурнăҫлас ĕҫре тĕп вырăнта тăрать. ССР Союзĕн ноти ҫĕнĕрен ҫакна кăтартса парать: Совет Союзĕ Германи ыйтăвне нимĕҫ халăхĕпе мирлĕ тата телейлĕ пурнăҫ тăвас шухăшпа тĕп вырăна хурса татса парасшăн тăрăшать.

Совет правительствин сĕнĕвĕсем, тесе ҫырать «Руде право» хаҫат, пĕтĕм этемлĕхе кам миршĕн тăнине, кам пушă сăмахсем калани, ҫав вăхăтрах вăрҫа пуҫарма пур майсемпе те тăрăшнине тепĕр хут кăтартса парассĕ. Совет Союзĕ тăратнă мирлĕ сĕнӳсене хăвăртрах сӳтсе явни, Пĕтĕм Германин чăннипех те никама пăхăнман правительствине, нимĕнле сепаратлă договорăн условийĕсемпе те ҫыхăнман правительствине туса хуни кăна Европăра ҫирĕп мир тăвасси патне илсе пыма пултарать.

«Млада фронта» хаҫат Германи пĕрлĕхлĕ, мире юратакан, демократиллĕ тата никама пăхăнман государство туса хума тĕллĕшпе Совет правительстви тунă ҫĕнĕ утăма ырлать. Хаҫат США, Англи тата Франци правительствисен ĕҫĕсене, вĕсем Бонри пукансемпе вăрҫа хатĕрленмелли сепаратлă договор туса алă пуснине хытă сивлет.

## *Монголи Халăх Республики*

УЛАН-БАТОР, майăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Совет правительстви Германипе мирлĕ договор тăвас пирки США, Англи тата Франци правительствисене панă нотăна Монголи халăхĕ хапăл туса илчĕ. Нота текстне столицăри хаҫатсем ҫинче пичетлесе тухнă, ăна Улан-Баторти радио тăрă вуласа панă. Хаҫатсем ҫинче тата нота пирки ҫырнă статьясем пичетленнĕ.

«Унэн» хаҫат ҫапла ҫырать: «Совет правительствин ҫак утăмне мире юратакан халăхсем пĕтĕмпех тата халăхсен тусланăвĕн политикине ырăпĕнсе палăртса тăрассĕ. Монголири ирĕклĕ халăх Совет Союзĕ правительствин ҫак документне прогрессивлă пĕтĕм этемлĕхĕн, Германи ыйтăвне анăҫлă тата тăнăҫ пама ыйтнă, пĕрлĕхлĕ, демократиллĕ, мире юратакан, никама пăхăнман государствине туса хума тăрăшакан этемлĕхĕн шухăшне туллин палăртакан документ тесе шутлать».

## *США*

НЬЮ-ЙОРК, майăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Совет правительстви Германипе мирлĕ договор тăвас пирки майăн 24-мĕшĕнче панă нота ҫинчен Америкăри хаҫатсем нумай ҫырассĕ. Реакционерсен хаҫачĕсем хĕвеланăҫĕнчи державăсен политикине—Германие пайланипех хăварас, Хĕвеланăҫ Германие хĕҫпăшаллантарас политика тытса пынине тĕрĕс ĕҫ пек кăтартма хăтланассĕ. Ку хаҫатсем ҫавна май Бонра пĕр енчен—США, Англи тата Франци, тепĕр енчен—Аденауэр правительстви пĕр-пĕрин хушшинче вăрҫа хатĕрленмелли сепаратнăй договор туни ҫинчен ҫырассĕ. Хĕвеланăҫĕнчи державăсем Бонри иртнĕ вăрҫăра парăнтарнăшăн тавăрма ĕмĕтленекен правительсемпе кавар тунă пирки Хĕвеланăҫ Европăри халăхсем, пуринчен малтан нимĕҫ халăхĕ, тарăхчине шута илсе, Америкăри реакционерсен хаҫачĕсем вăрҫа хатĕрленмелли сепаратнăй договора ҫирĕплетес (ратификацилес) ĕҫре йывăрлăхсем ҫулма пултарасси ҫинчен пĕлтерессĕ. «Нью-Йорк таймс хаҫат ҫав договора ҫирĕплетес ĕҫе «ăмăллăнах тума май килмĕ, ăна ҫирĕплеттерес тĕлĕшпе нумай вăхăт хушши ĕҫлеме тивĕ», тесе ҫырать.

## *Англи*

ЛОНДОН, майăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Совет правительствин 1952 ҫулхи майăн 24-мĕшĕнчи ноти пирки «Дейли уоркер» хаҫат редакци ҫырнă статьяна пичетленĕ. Ҫав статьяра хаҫат Англипе Совет Союзĕ 1942 ҫулта тунă договорта, Германи ҫĕнĕрен агрессиллĕ ĕҫсем тума ан пултартăр тесе, Англипе Совет Союзĕн пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕҫлеме пулни ҫинчен аса илтерет, халĕ Англи хутшăннипе тунă вăрҫа хатĕрленмелли сепаратлă договорта Германи империализмне ҫĕнĕрен ҫĕклентерме палăртни ҫинчен калать.

Хаҫат Европăри пĕр халăх та Германи милитаризмне ҫĕнĕрен ҫĕклентересшĕн мар тесе ҫырать.

Франци правительстви Хĕвеланăҫ Германи пуҫ пулса тăрас ҫук тесе хăйне шантарса сăмах пама ыйтни ҫинчен ҫырса, хаҫат ҫапла калать: «Хĕвеланăҫ Германири нимĕҫсене хĕҫпăшаллантарни, кайран вара, ҫавăн пирки шикленсе Германи пуҫ пулса тăрас марри ҫинчен шантарса сăмах (гаранти) пама ыйтни вăл питĕ айванла пулса тухать. Паллах, хăйсен политикине пула, тĕрĕсрех каласан, Америка политикине пурнăҫлассишĕн тăрăшнине пула тухса тăнă хăрушлăха хирĕҫ ҫавăн пек шантарса каланă сăмах илме тăрăшиччен, Германие пачах хĕҫпăшаллантармасан лайăхрах пулать.

Хаҫат ҫапла ҫырать: пĕрлештернĕ, демократиллĕ Германи валли договор ҫырса хатĕрлес пирки калаҫас ĕҫе пуҫлама хатĕр пулни ҫинчен Совет Союзĕ тепĕр хут пĕлтерчĕ. Англири рабочисен «пĕтĕмĕшле договор» текенскерне Англи парламентĕнче ҫирĕплетмелле мар тесе тата Германи пĕрлĕхĕ ҫинчен тата Германипе мирлĕ договор тăвасси ҫинчен сӳтсе явма халех тăватă державăсен канашлăвне пухмалла тесе ыйтас пулать».

«Таймс» хаҫат йышăннă тăрăх, хĕвеланăҫĕнчи державăсен политикинчи ситменлĕхсем ҫакăн пек: ҫав политикăна пула Европа тата ытларах пайланать, Германие пĕрлештерме тата йывăртарах пулать, ку ĕҫ тата ытларах вăраха каять. «Ҫав политика сывăх вăхăтсенчех, тен, вăрҫă хăрушлăхĕ вăйланасси патне, Хĕвеланăҫĕнчи державăсем чылай вăйланиччен вăрҫă хăрушлăхĕ ӳсесси патне илсе пырĕ», тет хаҫат.

«Европăна хӳтĕлемелли пĕрлешӳре» шалти хирĕҫӳсем пур, «юлашкинчен вĕсем пĕрлешĕве пĕтерсе лартĕҫ», тет «Таймс» хаҫат.

«Манчестер гардиан» хаҫат Совет правительстви хĕвеланăҫĕнчи державăсене панă нота ҫинчен нумай ҫырать. Хаҫат шучĕпе, Совет Союзĕн ноти вăрҫа хатĕрленмелли сепаратнăй договора ҫирĕплетес (ратификацилес) ĕҫре йывăрлăхсем туса хурать.

«Йоркшир пост» хаҫат Совет правительствин ноти ҫинчен хăйĕн дипломати обозревателĕ ҫырнă статьяна курăнмалли вырăнта пичетленĕ, ăна «Россия тăватă державăн калаҫăвĕсене иртерме ҫĕнĕрен сĕнет», тесе ят панă.

# Корейăри ĕҫсем

### ХАЛĂХ ҪАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, майăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх ҫарĕн главнăй командованийĕн паянхи пĕлтерĕвĕнче ҫапла каланă: Халăх ҫарĕн соединенийĕсем Китай халăх добровольцĕсен чаҫĕсемпе пĕрле Америкăпа Англи интервенчĕсене тата Ли Сын Ман ҫарĕсене хирĕҫ оборонăра тăрса ҫапăҫассĕ, тăшман салтакĕсемпе офицерĕсене тата техникине нумай пĕтерессĕ.

Хĕвеланăҫĕнчи фронтра, Динхындонран кăнтăртарахри вырăнта, тăшман, авиаци пулăшса тăнипе, ĕнер Халăх ҫарĕн позицийĕсем ҫине икĕ хутчен питĕ хытă тапăнса атакăсем тунă. Тăшман чылай сухату тӳснĕ, унăн ирĕксĕрех каялла чакмалла пулнă.

Хĕвелтухăҫĕнчи фронтра, Пен-Амдонран кăнтăр-хĕвелтухăҫнерехри вырăнта, тăшманăн пĕр батальона яхăн салтакĕсем Халăх ҫарĕн позицийĕсем ҫине атака тума хăтланнă. Вĕсене артиллери пулăшса тăнă. Хаяр ҫапăҫу 5 сехете яхăн пынă. Ҫав ҫапăҫу вăхăтĕнче тăшманăн икĕ ротине хупăрласа илсе пĕтĕмпех пĕтерсе тăкнă.

Ĕнер Халăх ҫарĕн чаҫĕсем Хĕвелтухăҫĕнчи сыран районĕнче тăшманăн пĕр тральщикне шыва путарнă. Ҫак тральщик унччен ҫыранри мирлĕ халăх пурăнакан хуласемпе ялсем ҫине тупăсемпе пенĕ пулнă.

Паян Халăх ҫарĕн зенитнăй артиллерийĕ тата самолетсене хирĕҫ ҫапăҫакан салтакĕсен отрячĕсем тăшманăн 3 самолетне персе ӳкернĕ. Ҫав самолетсем унччен, ытти самолетсемпе пĕрле, тылри районсенчи мирлĕ халăх пурăнакан хуласемпе ялсем ҫине бомбăсем пăрахма тата пулеметсемпе пеме хутшăннă пулнă.

ПХЕНЬЯН, майăн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Корея Халăх Республикин Халăх ҫарĕн главнăй командованийĕ паян ҫапла пĕлтерчĕ: Халăх ҫарĕн соединенийĕсем Китай халăх добровольцĕсен чаҫĕсемпе пĕрле пур фронтсенче те тăшмана хирĕҫ халиччен хи вырăнсенчех оборонăра тăрса ҫапăҫассĕ, тăшман салтакĕсемпе офицерĕсене тата техникине нумай пĕтерессĕ.

Паян Халăх ҫарĕн зенитнăй артиллерийĕ тата самолетсене хирĕҫ ҫапăҫакан салтакĕсен отрячĕсем тăшманăн икĕ самолетне персе ӳкернĕ.

## Монголи Халăх Республикин премьер-министрĕ пулма Ю. Цеденбала уйăрса лартнă

УЛАН-БАТОР, майăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Монголи Халăх Республикин Аслă Халăх Хуралĕн Президиумĕ Монголи Халăх Республикин премьер-министрĕ пулма Юмжагийн Цеденбала уйăрса лартнă. Юмжагийн Цеденбал—Монголи халăхĕн революциллĕ партийĕн генеральнăй секретарĕ. Вăл халиччен Монголи Халăх Республикин премьер-министрĕн заместителĕ пулнă.

## Нимĕҫ халăхĕ сепаратнăй „пĕтĕмĕшле договора" хирĕҫ

### Америка журналисчĕсем пĕлтернĕ хыпарсем

НЬЮ-ЙОРК, майăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Майăн 26-мĕшĕнче Бонри правительствăпа хĕвеланăҫĕнчи висĕ держава хăйсем хушшинчи «пĕтĕмĕшле договор» текенскерĕ ҫине алă пусасси мĕнле пулса иртни ҫинчен пĕлтерсе, Ассошиэйтед пресс агентствин Бонри корреспонденчĕ ҫапла ҫырать: «Хĕвеланăҫ Германин федеральнăй республикин тăхăр ҫĕрĕнче (провинцийĕнче) те правительство шкулсене хупма тата майăн 26-мĕшне уяв кунĕ шутласа иртерме хушнине пурнăҫлама килĕшмен... Хăйсен тăван ҫĕршывĕ пайланнипех юласси не нимĕҫсем ăнланса илессĕ, ҫавăнпа та вĕсем савăнма ытлашши васкамассĕ. Хĕвеланăҫ Германири хаҫатсем ҫакна палăртрĕҫ: Франци парламентĕнче тата Хĕвеланăҫ Германи парламентĕнче пăхса тухнă пĕтĕмĕшле договора хирĕҫ сасăлама пултарассĕ, ҫав парламентсенче социалистсем асăннă договора алă пусассине хирĕҫ тăрассĕ».

Ассошиэйтед агентствин корреспонденчĕ Бонран пĕлтернĕ тепĕр хыпарта (ăна пĕтĕмĕшле договор ҫине алă пуснă хыҫҫăн ҫырса янă) «Америкăн аслă ĕҫри официальнăй представителĕ майăн 26-мĕшĕнче Хĕвеланăҫ Германипе тунă договора тата Европăна хӳтĕлемелли пĕрлешӳ ҫинчен тунă договора татăклăн ҫирĕплетиччен (ратификациличчен) «пысăк йывăрлăхсем» пулма пултарасси ҫинчен калани» ҫинчен ҫырнă.

Юнайтед пресс агентствин Бонри корреспонденчĕ Хĕвеланăҫ Германири полициллĕ террор ҫинчен ҫырать. «Пĕтĕмĕшле договора» хирĕҫ протестлекенсен демонстрацийĕсене чарас шутпа,—тесе ҫырать корреспондент,—хура тумтир тăхăннă полицейскисен отрячĕсене тата кăвак мундирлĕ жандармсене пур урамсене те тăратса тухнă. Промышленноҫлă Рур районĕнче кăна 20.000 ҫынлă ҫар пухса тăратнă пулнă».

## Хĕвеланăҫ Германире печатниксемпе хаҫат работникĕсен забастовки пуҫланнă

БЕРЛИН, майăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви Штуттгартран ҫакăн ҫинчен пĕлтерет: паян печатниксемпе хаҫат работникĕсен профсоюзĕн (Хĕвеланăҫ Германири профсоюзсен пĕрлешĕвĕнче тăракан профсоюз) забастовки пуҫланнă. Профсоюз «рабочисем предприятисенче мĕнле пулмалли» ҫинчен калакан рабочисене хĕсĕрлемелли закона хирĕҫ, вăрҫа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшле договорпа» тачă ҫыхăнса тăракан закона хирĕҫ забастовка тумалли ҫинчен пĕлтернĕ. Забастовкăна мĕнпур печатниксемпе хаҫат работникĕсем хутшăнассĕ.

Майăн 28-мĕшĕпе 29-мĕшĕнче Хĕвеланăҫ Германири хаҫатсенчен пĕри те пичетленсе тухмассĕ. Аденауэр политикине — милитаризмла политикăна — хирĕҫ протестлемелли чи хăватлă кампанисенчен пĕри ҫапла пуҫланнă.

## Демократиллĕ Германи республикин шалти ĕҫсен министерстви пĕлтерни

БЕРЛИН, майăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви ҫакăн ҫинчен пĕлтерет: Демократиллĕ Германи Республикин шалти ĕҫсен министерстви 1952 ҫулхи июнĕн 1-мĕшĕнчен пуҫласа нимĕҫ гражданĕсене, вĕсен аллинче Демократиллĕ Германи Республикин влаҫĕсем панă, вĕсем камсем пулнине кăтартнă удостоверенисем пулсан кăна Демократиллĕ Германи Республикинче ҫӳреме тата пурăнма ирĕк пани ҫинчен пĕлтерет.

Ҫавăн пек удостоверени ҫук ҫынсен урăхла уйрăм документ пулмалла. Ҫав уйрăм документа памалли йĕрке ҫинчен каярахпа пĕлтерессĕ.

## Францири ĕҫҫыннисем Андре Стиле ирĕке кăларма ыйтассĕ

ПАРИЖ, майăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаҫатăн главнăй редакторне, прогрессивнăй паллă писателе, Сталинла преми лауреатне Андре Стиле законсăр йĕркепе арестленине тата тĕрмене хупнине хирĕҫ протестлемелли юхăм Францире пур ҫĕрте те анлă сарăлать.

«Юманите» хаҫат пĕлтернĕ тăрăх, Стиле арестленине хирĕҫ протестлесе ĕнер Шамборигăри (Гар департаменчĕ) шахтерсем, Ашерти (Сена тата Уаза департаменчĕ) железнодорожниксем, Сент-Этьенри (Луара департаменчĕ) чылай предприятисенчи металлистсем тата Францири ытти хуласенчи ĕҫҫыннисем забастовка тума тытăннă. Тарб хулинче майăн 25-мĕшĕнче манифестаци пулнă. Префектура ҫурчĕ умне икĕ пин ҫын пухăннă. Вĕсем «Андре Стиле ирĕке кăларăр!», «Риджуэя Америкăна ярăр!», «Пинэя вырăнтан кăларса сирпĕтĕр!» тесе кăшкăрнă.

Францири ĕҫҫыннисен нумай делегацийĕсем шалти ĕҫсен министерствине пырассĕ, вĕсем Андре Стиле пĕр тăхтаса тăмасăрах ирĕке кăларма ыйтассĕ.

«Юманите» хаҫат Андре Стиль сӳд следователĕ Борес патне янă ҫырăва пичетлесе кăларнă. Ҫав ҫырура Стиль Францири правительсен наципе хирĕҫле политикине тата хăйне законсăр йĕркепе арестленине тăрă шыв ҫине кăларать.

## Францири демократиллĕ организацисем халăха чĕнсе калани

ПАРИЖ, майăн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Паян «Юманите» хаҫатра Францири демократиллĕ организацисем чĕнсе калани пичетленсе тухнă. Чĕнӳ ҫине Сена департаменчĕн Мир Совечĕ, Францири коммунистсен партийĕн Сена тата Уаза департаментĕнчи федерацийĕ, Францири республикăшăн кĕрешекен ҫамрăксен союзĕн Нациллĕ бюровĕ, Францири хĕрарăмсен союзĕн Сена департаментĕнчи комитечĕ, Франци хĕрĕсен союзĕн Сена департаментĕнчи федерацийĕ, Пĕтĕмĕшле Ĕҫ конфедерацине кĕрекен металлургсен профсоюзĕн федерацийĕ, Франци оккупацилесе тăнă вăхăтра гитлеровецсене хирĕҫ кĕрешнĕшĕн ссылкăра пулнисен тата тытса хупнисен пĕрлешĕвĕсем тата демократиллĕ ытти нумай организацисем алă пуснă. Ҫав организацисем хăйсен членĕсене Америка генералĕ Риджуэй Франци пынине хирĕҫ протестлеме майăн 28-мĕшĕнче манифестацие тухма чĕнессĕ.

Реакционерсен хаҫачĕсем ҫинче Парижри полици майăн 28-мĕшĕнчи манифестацие иртерме чарни ҫинчен пĕлтерессĕ. «Фигаро» хаҫат ҫырнă тăрăх, Буш-Дю Рон департаментĕнчи префектура та ҫавăн пек решени йышăннă.

## Футбол вăййипе республикăра мала тухассишĕн

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ ҫумĕнчи Физкультурăпа спорт ĕҫĕсен комитечĕ футбол командисен республикăра мала тухмалли ăмăртăвне иртерме йышăннă. Ăмăртăва пĕррĕмĕш ушкăнра тăхăр команда, иккĕмĕш ушкăнра—вунпĕр команда хутшăнать.

Июнĕн 1-мĕшĕнче малтанхи вăййисем пулассĕ. Шупашкарти «Молния» спорт обществи стадионĕнче стадион хуҫисем Ҫĕмĕрлери «Красная звезда» спорт обществи командипе, Ҫĕмĕрлере вырăнти «Урожай» спорт обществи спортсменĕсемпе Шупашкарти «Спартак» спорт обществи футболисчĕсем тĕл пулса выляссĕ. Иртнĕ ҫул футбол вăййипе республика чемпионĕн ятне илнĕ Чапаевски поселокри футбол команди Улатăрти «Трактор» спорт обществи командипе тĕл пулса вылять. Ку вăйă Улатăрта пулать. Канашри «Локомотив» спорт обществи футболисчĕсем хăйсен стадионĕнче Улатăрти пăравуссем юсакан заводри «Локомотив» спорт обществи футболисчĕсемпе тĕл пулса выляссĕ.

Футбол вăййипе республикăра мала тухассишĕн иртерекен ăмăртăва ҫавăн пекех тата Шупашкарти «Динамо» команди хутшăнать.

Иккĕмĕш ушкăнри командăсен ăмăртăвне пурĕ 11 команда хутшăнать.

## Ҫăмăл атлетсен ăмăртăвĕ

**КУСЛАВККА. (Телефонпа).** Район центрĕнчи стадионта ҫăмăл атлетсен районти ăмăртăвне иртерчĕҫ. Ăмăртăва физкультурăпа спорт коллективĕсенчен чылай ҫамрăксем хутшăнчĕҫ. Пурте вĕсем ГТО тата БГТО значокĕсене илмелли нормăсене пачĕҫ.

Куславккари иккĕмĕш вăтам шкулти физкультурниксем, пурĕ 3.741 очко пухса, командăсем хушшинчи ăмăртура пĕррĕмĕш вырăна тухрĕҫ. 5.000 метра ăмăртса чупса, Н. Исаев лайăх тĕслĕх кăтартрĕ. Вăл ҫак дистанцие 17 минут та 54 секундра чупса тухрĕ. 800 метр чупассипе Н. Прусаков, 200 метр чупассипе Г. Виссарионов спортсменсем мала тухрĕҫ. Вĕсем иккĕшĕ те Куславккари вăтам шкулта вĕренекенсем.

Хĕрачасем хушшинче 400 метр ăмăртса чупса «Искра» колхозри ветсанитарка Р. Осташкова мала тухрĕ. Чупса пырса сикес тата йĕтрĕ ывăтас тĕлĕшпе ҫурт-сем тăвакан заводри столяр П. Макаров юлташ лайăх тĕслĕх кăтартрĕ.

(Хамăр корр.).

### СИМФОНИЛЛĔ ОРКЕСТР КОНЦЕРЧĔ КОЛХОЗ КЛУБĔНЧЕ

ИШЛЕЙ. Чăвашсен симфониллĕ оркестрĕ ҫак кунсенче Сталин ячĕпе тăракан колхоз клубĕнче пысăк концерт пачĕ.

Концерт пуҫланас умĕн Чăваш АССР искусствисен тава тивĕҫлĕ деятелĕ В. Ходяшев юлташ оркестр кун-ҫулĕ ҫинчен каласа пачĕ. Концерт Ф. П. Павлов композитор ҫырнă «Сăрнайҫă палнай» произведение выляса панипе пуҫланчĕ.

Концерт программинче вырăс классикĕсен Глинкăпа Чайковскин, совет композиторĕсен тата ҫавăн пекех Ф. П. Павлов, В. М. Кривоносов, Сталинла премии лауреачĕ Ф. М. Лукин произведенийĕсем пулчĕҫ.

Концерт питĕ лайăх иртрĕ. Колхозниксем оркестр коллективне тав турĕҫ, колхозсене час-часах килсе ҫӳреме ыйтрĕҫ.

П. НИКОЛАЕВ.

## Ҫĕнĕ магазинсем

**Шупашкар хули.** Хула ӳснĕ май Шупашкарта магазинсен шучĕ те ӳссех пырать. Ҫак кунсенче Чебторг Калинин урамĕнче 42-мĕш номерлĕ магазин уҫрĕ. Апат-ҫимĕҫ таварĕсем сутакан ҫĕнĕ магазин пир-авăр комбинатне тăвакансен поселокĕнчи пысăк ҫуртăн пĕррĕмĕш хутĕнче вырнаҫнă. Ҫав ҫуртрах тепĕр магазин валли пӳлĕм туса пĕтерессĕ. Унта промышленность таварĕсем сутмалла тăвассĕ.

**Тăвай.** Райпо хуҫалăх таварĕсем сутмалли магазин уҫрĕ. Ҫĕнĕ магазинра строительство материалĕсем, сават-сапа, сĕтел-пукан, ут хатĕрĕсем тата ытти тĕрлĕ таварсем нумай.

Магазинра колхозсемпе колхозниксем хуҫалăхра кирлĕ таварсем нумай туянассĕ.

А. СУДАКОВ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



(РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати, ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăҫ пайĕ—4-17, ялхуҫалăх пайĕ—3 97, пропаганда пайĕ—8-61, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, ҫырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01374 Типографи № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.